ПЕТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1956 çул
Февраль
15
юнкун
№ 33 (9712)
Хакĕ 20 пус.
38-мĕш çул тухать.

## Ĕнер Кремльти Пысăк дворецра Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX-мĕш съезчĕ ĕçleme пуçларĕ.

## КПСС Центральнăй Комитечĕн Пĕрремĕш Секретарĕ Н. С. Хрущев юлташ КПСС Центральнăй Комитечĕн отчетлă докладне туса панă.

# Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ

Февралĕн 14-мĕшĕнче Кремльти Пысăк дворецра Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ уçăлнă. Ирхине вунă сехет тĕлне ларусен залне аслă совет çĕршывĕн мĕнпур кĕтесĕсенчен столицăна килнĕ делегатсем пухăннă. Залра нумай йышлă хăнасем — промышленноçпа ялхуçалăхĕнче малта пыракансем, государство тата парти работникĕсем, ученăйсем, Совет Çарĕпе флочĕн представителĕсем, литературăпа искусство работникĕсем.

Совет халăхĕ хăйĕн тăван Коммунистсен партийĕн XX съездне политикăлла тата ĕçри активлăха çĕнĕрен хăватлăн ӳстернипе кĕтсе илчĕ. XIX съезд хыççăнхи çулсенче совет çĕршывĕнчи халăхсем Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе социализм туса çитерес тата социализмран майĕпен коммунизма куçас ĕçре çĕнĕ пысăк çитĕнӳсем турĕç. Çак çитĕнӳсемшĕн совет çыннисем хăйсен хăватлă Тăван çĕршывне, аслă та ăслă партине—коммунизмăн мĕнпур çĕнтерĕвĕсене тума хавхалантаракан тата организацилекен партине чĕререн мухтаса савăнаççĕ.

Съезд делегачĕсемпе хăнасем КПСС Центральнăй Комитечĕн Президиумĕн членĕсемпе Центральнăй Комитетăн секретарĕсем, урăх çĕршывсенчи коммунистсен тата рабочи партийĕсен делегацийĕсен руководителĕсем ложăна тухнине тăвăллăн алă çупса кĕтсе илеççĕ. Пурте ура çине тăраççĕ.

Съезда Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Пĕрремĕш Секретарĕ Н. С. Хрущев уçать.

XIX съездпа XX съезд хушшинчи тапхăрта, тет Н. С. Хрущев, эпир коммунизмла движенин чи паллă деятелĕсене—Иосиф Виссарионович Сталина, Клемент Готвальда тата Кюици Токудана çухатрăмăр. Вĕсене асăнса ура çине тăрса чыс тума ыйтатăп.

Залри çынсем пурте ура çине тăраççĕ.

Малалла Н. С. Хрущев съезда килнĕ тăванла коммунистсен тата рабочи партийĕсен представителĕсене съезд ячĕпе чĕререн саламлать. Пурте ура çине тăраççĕ, тăвăллăн алă çупаççĕ.

Съезд ертсе пыракан органсене суйлама тытăнать.

Мĕнпур облаçсен, крайсен тата республикăсен делегацийĕсен представителĕсен Совечĕ хушнипе Подгорный юлташ съезд Президиумне 39 çынтан суйлама сĕнет.

Президиума пĕр саслă пулса суйлаççĕ.

### СЪЕЗД ПРЕЗИДИУМĔ:

| | |
|---|---|
| Андреев А. А. | Мжаванадзе В. П. |
| Брежнев Л. И. | Микоян А. И. |
| Булганин Н. А. | Молотов В. М. |
| Буркацкая Г. Е. | Мухитдинов Н. А. |
| Ворошилов К. Е. | Патоличев Н. С. |
| Гафуров Б. | Первухин М. Г. |
| Жуков Г. К. | Пысин К. Г. |
| Игнатов Н. Г. | Пономаренко П. К. |
| Каганович Л. М. | Рахимбабаева З. Р. |
| Калнберзин Я. Э. | Рожнева М. И. |
| Кальченко Н. Т. | Сабуров М. З. |
| Капитонов И. В. | Снечкус А. Ю. |
| Кэбин И. Г. | Суслов М. А. |
| Кириченко А. И. | Фурцева Е. А. |
| Кириленко А. П. | Хворостухин А. И. |
| Киселев Н. В. | Хрущев Н. С. |
| Козлов Ф. Р. | Шверник Н. М. |
| Косыгин А. Н. | Шепилов Д. Т. |
| Куусинен О. В. | Яснов М. А. |
| Маленков Г. М. | |

Фурцева юлташа сăмах параççĕ. Вăл делегацисен представителĕсен Совечĕ хушнипе съезд Секретариатне 15 çынтан суйлама сĕнет. Съезд пĕр саслă пулса Секретариат суйлать.

### СЪЕЗД СЕКРЕТАРИАЧĔ:

| | |
|---|---|
| Беляев Н. И. | Пегов Н. М. |
| Бойцов И. П. | Сердюк З. Т. |
| Даниялов А. Д. | Стахурский М. М. |
| Ефремов М. Т. | Струев А. И. |
| Енютин Г. В. | Суслов В. М. |
| Иващенко О. И. | Чураев В. М. |
| Лаптев Н. В. | Яковлев И. Д. |
| Москатов П. Г. | |

Съездăн Редакци комиссине 11 çынтан суйлама Сердюк юлташ панă сĕнĕве пĕр саслă пулса йышăнаççĕ.

### РЕДАКЦИ КОМИССИЙĔ:

| | |
|---|---|
| Поспелов П. Н. | Органов Н. Н. |
| Ефремов Л. Н. | Попова Н. В. |
| Константинов Ф. В. | Титов Ф. Е. |
| Лацис В. Т. | Сатюков П. А. |
| Мустафаев И. Д. | Шелепин А. Н. |
| Назаренко И. Д. | |

Малалла Снечкус юлташ сĕннипе съездăн Мандат комиссине 23 çынтан суйлаççĕ.

### МАНДАТ КОМИССИЙĔ:

| | |
|---|---|
| Аристов А. Б. | Кунаев Д. А. |
| Авхимович Н. Е. | Ларионов А. И |
| Бабаев С. | Лубенников Л. И. |
| Гаевой А. И. | Муратов З. И. |
| Громов Е. И. | Подгорный Н. В. |
| Денисов Г. А. | Полянский Д. С. |
| Доронин П. И. | Рашидов Ш. |
| Жегалин И. К. | Раззаков И. Р. |
| Замчевский И. К. | Товмасян С. А. |
| Игнатьев С. Д. | Штыков Т. Ф. |
| Комаров П. Т. | Школьников А. М. |
| Коротченко Д. С. | |

КПСС XX съезчĕн кун йĕркине çирĕплетеççĕ.

### КПСС XX съезчĕн кун йĕркийĕ

1. КПСС Центральнăй Комитечĕн отчетлă докладĕ — докладчик Центральнăй Комитет Секретарĕ Н. С. Хрущев юлташ.

2. КПСС Центральнăй Ревизи Комиссийĕн отчетлă докладĕ—докладчик Ревизи Комисси Председателĕ П. Г. Москатов юлташ.

3. КПСС XX съезчĕ СССР халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсем — докладчик СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. А. Булганин юлташ.

4. Партин центральнăй органĕсен суйлавĕсем.

Ун хыççăн ларура председатель пулса ертсе пыракан Н. А. Булганин юлташ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн отчетлă докладне тума КПСС Центральнăй Комитечĕн Пĕрремĕш Секретарьне Н. С. Хрущев юлташа сăмах парать. Делегатсем Н. С. Хрущева тăвăллăн алă çупса кĕтсе илеççĕ. Пурте ура çине тăраççĕ.

Н. С. Хрущев юлташăн ирхи тата каçхи ларусенче тунă докладне пĕтĕм зал ырласа питĕ тимлĕн итленĕ.

(ТАСС).

# Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ партин XX съездне туса панă отчетлă доклад

## *КПСС Центральнăй Комитечĕн Пĕрремĕш Секретарĕ Н. С. ХРУЩЕВ тунă доклад*

Юлташсем!

Партин XIX-мĕш съезчĕ пулнăранпа иртнĕ тапхăр, вăхăтпа шутласан, пысăках мар—виçĕ çул та тăватă уйăх. Анчах парти туса ирттернĕ ĕçсен пысăкăшĕ енчен, çак вăхăтра пирĕн çĕршывра тата чикĕ леш енче пулса иртнĕ событисен пĕлтерĕшĕ енчен илсен,—çак тапхăр Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн историйĕнчи, парти хамăр Тăван çĕршыв вăй-хăватне тĕреклетессишĕн, коммунизмла общество тăвассишĕн, пĕтĕм тĕнчере мир туса хурассишĕн кĕрешнĕ историри паллă тапхăрсенчен пĕри.

Шалти политика енĕпе илсен, çак çулсем парти, пĕтĕм халăх интересĕсене шута илсе, ялхуçалăхĕнчи, промышленноçри ĕçсене тĕплĕн тишкерсе тухса, çĕршыва социализмла аталантарас енĕпе, халиччен тунă çитĕнӳсем çине таянса, малалла çĕнĕ пысăк утăмсем тăвас тĕлĕшпе чылай пысăк ĕçсем туса иртернĕ çулсем пулса тăчĕç. Çак вăхăтра парти хуçалăх, государство тата парти ĕçĕнчи çитменлĕхсене хăюллăн палăртрĕ, кая юлнă, шухăшсене çĕмĕрсе пычĕ, кивелнине, пире малалла кайма чарса тăраканнине йăлтах татăклăн сирсе ывăтрĕ.

Халĕ ĕнтĕ, пурне те паллă, парти туса иртернĕ ĕçсем тĕрĕс те вăхăтра пурнăçланă ĕçсем пулчĕç. Вĕсем социализмла экономикăна пĕрмаях ӳстерсе пыма, совет халăхĕн материальнăй пурнăçне малалла лайăхлатма, культурине хăпартма май пачĕç.

Отчетлă тапхăрта тулашри политика енĕпе те паллă ĕçсем пулса иртрĕç. Тĕнчери хутшăнусенче пысăк хăрушлăхсем патне илсе пыма пултаракан йывăр лару-тăру, социализм лагерĕнчи çĕршывсем ялан мире юратакан тулашри политикăна çирĕппĕн тытса пынипе пула, кăштах çăмăлланчĕ. Совет Союзĕ хăйĕн тусĕсемпе пĕрле—Китай Халăх Республикипе тата ытти халăх демократи çĕршывĕсемпе пĕрле—тулашри политикăра чылай мероприятисене вăхăтра тата çине тăрса пурнăçласа пычĕ, çав мероприятисене мире юратакан мĕнпур вăйсем ырларĕç, шăпах çавна пула ĕнтĕ тĕнчери лару-тăрăва лайăхлатма паха малашлăхсем пулса тăчĕç.

Çаксем пурте пирĕн парти шалти политикăра та, тулашри политикăра та çийĕнчех татса памалли ыйтусене тĕрĕс шута илнине тата çав ыйтусене татса пама кирлĕ мерăсене вăхăтра туса хатĕрленине кăтартса параççĕ. Çакăнта ĕнтĕ пирĕн парти халăхпа тачă, çирĕп çыхăну тытни, ленинла коллективлă ертсе пынин ăслăлăхĕ, парти ĕçĕн никĕсĕ пулса тăракан марксистла-ленинла вĕрентĕвĕн пурне те çĕнтерекен вăйĕ уççăн палăрать. Çак çулсенче парти вилĕмсĕр Ленинăн аслă илавне яланах çӳлте тытса пычĕ. Ленинизм вĕрентнине пурнăçа тĕрĕс кĕртсе пыни—акă вăл пирĕн партин мĕнпур çитĕнĕвĕсен çăлкуçĕ. (Тăвăллăн алă çупаççĕ).

Отчетлă тапхăрта пирĕн çĕршывăн тĕнчери тата шалти лару-тăрăвĕ мĕнле пулнине пăхса тухатпăр.

## I.

## СОВЕТ СОЮЗĔН ТĔНЧЕРИ ЛАРУ-ТĂРĂВĔ

Социализм халĕ ĕнтĕ пĕр çĕршывра кăна мар, вăл тĕнчери система пулса пырать. Çакă вăл пирĕн саманан тĕп уйрăмлăхĕ. Çак пĕтĕм тĕнчипе паллă историлле процесса чарса тăма капитализмăн вăйĕ çитмерĕ. Пĕр вăхăтрах тĕнчере пĕр-пĕрне хирĕçле икĕ экономикăлла система—капитализмла тата социализмла система—тĕрлĕ законсем тăрăх, тĕрлĕ çулпа аталанакан системăсем пурри ĕнтĕ никам хирĕçлеймен факт пулса тăчĕ.

Социализмла экономика обществăн мĕнпур членĕсен материальнăй тата культурăллă ыйтăвĕсене ытларах та ытларах тивĕçтерес, чи çӳлте тăракан техника никĕсĕ çинче производствăна пĕрмаях вăйлатса тата лайăхлатса пырас, социализмла çĕршывсем пĕр-пĕринпе килĕшсе ĕçлессине, пĕр-пĕрне пулăшса тăрассине çирĕплетес çулпа аталанать.

Капитализмла экономика монополисене пуйтарнăçем пуйтарас, эксплуатацие тата ытларах вăйлатас, ĕççыннисен, уйрăмах колонисемпе пăхăнса тăракан çĕршывсенчи ĕççыннисен миллионшар массисен пурнăç шайне чакарса пырас çулпа, хуçалăха милитаризацилессине вăйлатса пырас, капитализмла государствăсем хушшинчи конкурентла кĕрешĕве çивĕчлетекен, экономикăри çĕнĕ кризиссемпе кисренӳсене çывхартакан çулпа аталанать.

### 1. ССР Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсенче экономика пĕрмаях вăйланса пыни

Отчетлă тапхăр ССР Союзĕнче, çавнашкалах Китай Халăх Республикинче, Польша Халăх Республикинче, Чехословаки Республикинче, Венгри Халăх Республикинче, Румыни Халăх Республикинче, Болгари Халăх Республикинче, Албани Халăх Республикинче, Демократиллĕ Германи Республикинче, Демократиллĕ Корея Халăх Республикинче, Монголи Халăх Республикинче тата Демократиллĕ Вьетнам Республикинче халăх хуçалăхĕ хăватлăн вăйланнипе палăрса тăрать.

Совет Союзĕнчи тата капитализмла çĕршывсенчи промышленность производстви 1929—1955 çулсенче мĕнле хăвăртлăхпа ӳсни çак таблицăран курăнать:

**ССР СОЮЗĔНЧИ ТАТА КАПИТАЛИЗМЛА ÇĔРШЫВСЕНЧИ ПРОМЫШЛЕННОСТЬ ПРОДУКЦИЙĔН КАЛАПĂШĔ:**

(1929 çулхипе танлаштарсан, процентпа)

| | 1929 çул | 1937 çул | 1943 çул | 1946 çул | 1949 çул | 1950 çул | 1952 çул | 1955 çул |
|---|---|---|---|---|---|---|---|---|
| СССР | 100 | 429 | 573 | 466 | 870 | 1082 | 1421 | 2049 |
| Капитализмла мĕнпур çĕршывсем | 100 | 104 | — | 107 | 130 | 148 | 164 | 193 |
| Çав шутра: | | | | | | | | |
| США | 100 | 103 | 215 | 153 | 164 | 190 | 210 | 234 |
| Англи | 100 | 124 | Сведенисем пичетленмен | 118 | 144 | 153 | 153 | 181 |
| Франци | 100 | 82 | | 63 | 92 | 92 | 108 | 125 |
| Итали | 100 | 99 | | 72 | 108 | 124 | 148 | 194 |
| Хĕвеланăç Германи | 100 | 114 | | 35 | 93 | 117 | 150 | 213 |
| Япони | 100 | 169 | 231*) | 51 | 101 | 115 | 173 | 239 |

Çак таблицăран акă мĕн куратпăр: чĕрĕк ĕмĕр хушшинче, тĕрĕсрех каласан, 26 çул хушшинче Совет Союзĕ, унăн халăх хуçалăхне вăрçă калама çук пысăк сиен тунă пулин те, промышленность производствине çирĕм хут ытла ӳстернĕ, çав вăхăтрах США, питех те лайăх условисенче пулнă пулин те, производствăна икĕ хутран кăшт ытларах çеç ӳстерме пултарнă, капитализм тĕнчин пĕтĕм промышленноçĕ вара ун чухлĕ те ӳсеймен.

Халăх демократи çĕршывĕсем те промышленность производствин ӳсĕмĕн хăвăртлăхĕ енĕпе капитализмла çĕршывсенчен иртсе кайнă. Промышленность производствин шайĕ 1955 çулта вăрçăчченхи шайран Польшăра тăватă хут ытла, Болгарире—пилĕк хут ытла, Чехословакире—икĕ хут ытла, Венгрире—виçĕ хут çурă, Румынире—виçĕ хута яхăн, Албанире—вунпĕр хут ытла, Демократиллĕ Германи Республикинче—икĕ хут ытла иртсе кайнă. Китай Халăх Республики, социализм тума ытти-сенчен каярах тытăнса, çав тери пысăк çитĕнӳсем турĕ, унăн промышленноçĕ туса кăларакан продукци хисепĕ, вăрçăччен-хи чи пысăк шайпа танлаштарсан, икĕ хут ытла, 1949 çулхипе танлаштарсан—тăватă хут ытла ӳснĕ.

Çавнашкалах Югославире те социализм строительствинче тунă çитĕнӳсем пĕчĕккĕ мар. Унăн промышленность производствин шайĕ 1955 çулта вăрçăччен-хи шайран 2,8 хут иртнĕ.

Социализмăн никĕсĕ пулса тăракан промышленноçăн хăвачĕ ытларах та ытларах ӳссе пырать. Социализм çĕршывĕсенчи промышленность производствин тĕнчери промышленность продукцийĕнчи удельнăй виçи пĕрмаях ӳсет. Çак фактран акă мĕн курăнать: капитализмла эксплуатаци вырăпĕ, капитализмăн тĕнчери позицийĕсем хĕсĕнсе пыраççĕ тата социализмăн тĕнчери позицийĕсем сарăлса пыраççĕ, çакă вăл прогрессивлă историлле процесс пулса материальнă палăрса тăрать.

Промышленность производствине пысăк хăвăртлăхсемпе аталантарни социализмла экономика тĕлĕшпе капитализмпа ăмăртса çĕнĕ çитĕнӳсем тума май парать. СССР халех ĕнтĕ промышленность продукцийĕн пĕтĕм калăпăшĕ енĕпе тĕнчере иккĕмĕш вырăнта тăрать. Чугун, хурçă, пăхăр, машиностроени продукцийĕ, электроэнерги, цемент туса кăларас, çĕр кăмрăкĕ кăларас тĕлĕшпе Совет Союзĕ тахçанах ĕнтĕ Францирен, Хĕвеланăç Германирен, Англирен иртсе кайнă тата США-на шанчăклăн хуса çитсе пырать.

ССР Союзĕн тата социализмла мĕнпур çĕршывсен экономики вăл пур енчен те аталанса пынипе тата пĕтĕмĕшле мирлĕ тĕллев тытнипе ыттисенчен уйрăлса тăрать. Социализм çĕршывĕсем, пуринчен малтан, пĕтĕм обществăлла производствăна пĕр татти-сыпписĕр сарса пымалли никĕс пулса тăракан йывăр индустрие аталантарассишĕн ырми-канми тăрăшаççĕ. Кунпа пĕрлех çак çĕршывсенче ялхуçалăха тата çăмăл промышленноçа вăйлатасси çине те питĕ тимлĕ пăхаççĕ. Ĕççыннисен пурнăç условийĕсем пĕрмай лайăхланса пыраççĕ, культура ӳссе чечекленет.

Пирĕн халăхсен малашлăхĕ пысăкран та пысăк. Нумай та вăхăт иртмĕ акă, ССР Союзĕнче çынна усă кӳрес шутпа атом энергийĕпе тата кучухнехи наукăпа техникăн ытти çитĕнĕвĕсемпе анлăрах усă курĕç, çĕр айĕнчи пуянлăхсемпе тата туллинрех усă курма тытăнĕç, хăватлă юханшывсене пăхăнтарĕç, çĕнĕрен питĕ пысăк çĕр лаптăкĕсемпе усă курма тытăнĕç, çакă вăл продуктсем тата халăха кирлĕ япаласем нумайран та нумай туса хатĕрleме май парать. Эпир çакна ĕненсе тăратпăр: историлле кĕске срокра аслă Китай индустриллĕ çĕршыв пулса тăрĕ, кооперациленĕ никĕс çинче унăн ялхуçалăх производстви çӳлĕ шая çĕкленĕ. Халăх демократи государствисем пурте социализм çулĕпе чылай малалла кайĕç.

Социализм çĕршывĕсен аталанăвĕ вăл çак çĕршывсем пĕтĕмĕшлех харпăр хăй тĕллĕн аталаннипе тата политикăра та, çавнашкалах экономикăра та никама пăхăнса тăманнипе паллă пулса тăрать. Кунпа пĕрлех иртнĕ тапхăрăн паллă итогĕ вăл социализмла государствăсем хушшинче экономикăлла çыхăнусем малалла тĕреклении тата вĕсем пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлесси сарăлни пулать. Социализм çĕршывĕсем хушшинче пĕр тан правалла, пĕр-пĕриншĕн усăллă суту-илӳ çыхăнăвĕсем йĕркеленчĕç, вĕсем пĕр-пĕрне техникăри опытпа паллаштараççĕ, пĕр-пĕрне пур енĕпе те пулăшаççĕ тата халăх хуçалăх планĕсене килĕшуллĕн йĕркелесе пыраççĕ.

Экономика тĕлĕшĕнчен пĕр-пĕринпе тачă çыхăнса ĕçлени вăл производствăпа чĕртавар ресурсĕсемпе лайăхрах усă курма питĕ паха майсем туса парать тата кашни çĕршывăн интересĕсене социализмла лагерĕн пĕтĕм интересĕсемпе ăнăçлă çыхăнтарать. Специализацилессипе тата кооперацилессипе аталантарни ку ĕçре питĕ паллă вырăн йышăнать. Хальхи вăхăтра ĕнтĕ социализмла кашни çĕршывăнах йывăр индустрин пур отраслĕсене те аталантарма кирлех те мар; Совет Союзĕн, вăл нумай вăхăт хушши капитализмла йĕри-тавралăхра пĕртенпĕр социализмла çĕршыв пулнă пирки, çавăн пек тумалла пулчĕ. Халĕ, социализмла çĕршывсен хăватлă пĕрлешĕвĕ пур чухне тата вĕсен оборона пултарулăхĕпе хăрушсăрлăхĕ пĕтĕм социализмла лагерĕн индустрилле вăй-хăвачĕ çине таянса тăнă чухне, Европăри кашни халăх демократи çĕршывех индустрин хăш отраслĕсене аталантарма тата мĕнле йышши продукци туса кăларма хăйĕн çутçанталăкпа хуçалăх условийĕсем пуринчен те лайăхрах, çав отраслĕсене аталантарас тата çавăн йышши продукцие туса кăларас тĕлĕшпе специализацилеме пултарать. Ку вăл, çакăнпа пĕрлех, ялхуçалăхне тата çăмăл промышленноçа аталантарма, çав никĕс çинче вара халăхсен материальнăй тата культурăлла ыйтăвĕсене туллинрех тивĕçтерсе пыма чылай средствăсем уйăрмашкăн кирлĕ условисем туса парать.

Тăванла килĕштерсе ĕçлемелли çыхăнусене тĕреклетсе, социализм çĕршывĕсем экономикăлла аталанура пĕр-пĕрне тӳрĕ кăмăлпа пулăшаççĕ. Социализм çĕршывĕсем хушшинчи çыхăнусем капитализмла тĕнчери хутшăнусенчен тĕпренех уйрăлса тăраççĕ. Пĕр-пĕринпе тунă договорсем тăрăх Совет Союзĕ хальхи вăхăтра халăх демократи çĕршывĕсене 391 предприяти тата 90 ытла уйрăм цехсемпе установкăсем тума пулăшать. Эпир халăх демократи çĕршывĕсене чи лайăх условисем тăрăх нумай сроклăха пурĕ 21 миллиард тенкĕ кивçен патăмăр. Совет Союзĕ туслă государствăсене атом энергийĕ туса кăларас ĕçре те, унпа мирлĕ ĕçре усă курма та пулăшать.

Китая социализмла индустриализацилес ĕçре тунă çитĕнӳсене эпир питех те кăмăлласа палăртатпăр. Вăйлă индустриллĕ государство хăй ирĕкĕпе ытти çĕршывсене индустриализацилеме пулăшни историре халиччен пулман. Пачах урăхла, вăйлă аталаннă, хăй вăхăтĕнче капитализмла тĕнчере палăрса тăнă çĕршывсен пысăк мар ушкăнĕ ыттисене, уйрăмах колониллĕ е çурма колониллĕ государствăсене индустриализацилеме яланах чăрмантарса тăнă. Çавăн пирки Азири, Кăнтăр Америкăпа Африкăри çĕршывсен пысăкрах пайĕн хăйсен шултра промышленноçĕ çук. Совет Союзĕ ун пек тĕллев тытмасть, вăл тăванла Китай халăхне хăватлă индустри тума пур майсемпе те пулăшать. Пирĕн çĕршыв Китай Халăх Республикине пĕр пилĕкçуллăхра кăна 156 предприяти тата 21 уйрăм цех тума пулăшать, эпир тăратакан оборудовании пĕтĕм хакĕ 5 миллиард та 600 миллион тенкĕ шутланать.

Çакăншăн Совет Союзĕ Китайран тата ытти халăх демократи çĕршывĕсенчен пирĕн çĕршыва кирлĕ изделисем, вĕсем урăх государствăсене сутакан материалсемпе халăха кирлĕ таварсем илсе тăрать.

Эпир малашне те экономикăна, техникăна, наукăпа культурăна аталантарас ĕçре пĕр-пĕрне пур енчен те пулăшăпăр. Çакна эпир социализм лагерĕ умĕнчи хамăрăн тăванла тивĕçĕ тесе шутлатпăр. Пĕтĕм социализм лагерĕ мĕн чухлĕ вăйлăрах пулĕ, çав аслă лагере кĕрекен кашни çĕршывăн ирĕклĕхĕпе никама пăхăнманлăхĕн, хуçалăхпа культура аталанăвĕн шанăçĕ те çавăн чухлĕ пысăкрах пулĕ.

Социализм системи, çĕнтерӳллĕн малалла пырать, унăн кризиссемпе кисренӳсем çук. Социализм системи, капитализм системинчен татăклăнах малта тăнине кăтартса парса, социализм çĕршывĕсенчи халăхсене çав тери пысăк ырлăхсем кӳрет. (Нумайччен алă çупаççĕ).

(Малалли çитес номерте пулать).

*) 1944 çулхи даннăйсем.

# ПАРТИПЕ ХАЛĂХ

Февралĕн 14-мĕшĕнче Тăван çĕршыв столицинче—Мускăвра Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX-мĕш съезчĕ ĕçлеме пуçларĕ. Çак съезд пирĕн мухтавлă çĕнтерӳсен итогне тăвать, коммунизм строительствинчи малашнехи ĕçсен программине палăртать.

Совет çыннисем улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС Центральнăй Комитечĕ туса хатĕрленĕ Директивăсен проектне пурте пĕр кăмăлпа ырларĕç. Çак проекта предприятисенче, колхозсенче, МТС-семпе совхозсенче сӳтсе явнă хыççăн халăх массисен ĕçри тата политикăлла хастарлăхĕ çĕнĕрен çĕкленсе вăйланчĕ. Çĕршывра халăх пултарулăхĕн çăлкуçĕ кунтан-кун хăватлăрах тапать, социализмла ăмăрту вăйланнăçем вăйланса пырать. Хуларипе ялти ĕçченсем 1956 çулхи—улттăмĕш пилĕкçуллăхăн малтанхи çулĕнчи—плана срокчен тултарма обязательствăсем илеççĕ. Çакăнта партипе халăхăн аслă пĕрлĕхĕ паларса тăрать. Пирĕн çĕршывра халăхпа коммунизм—хăватлă, никам çĕнтерейми вăй пулса тăчĕ.

* * *

Аслă Ленин ертсе пынипе ӳссе çирĕпленнĕ Коммунистсен партийĕ хăйĕн мĕнпур ĕçĕнче халăхпа, ĕççыннисен нумай миллионлă массисемпе тачă çыхăнса тăрать.

Хăй халăхĕ пăхса çитĕнтернĕ Коммунистсен партийĕ рабочи класăн кĕрешӳ штабĕ, малти отрячĕ пулса тăрать. Ун ĕмĕчĕсемпе тĕллевĕсем—рабочи класăн, мĕнпур ĕççыннисен ĕмĕчĕсемпе тĕллевĕсем. Вăл рабочисемпе хресченсене обществăна революцилле урăхлатса çĕнетессишĕн пынă кĕрешӳре ертсе пычĕ. Çак кĕрешӳвĕн тĕрлĕ тапхăрĕсенче пирĕн партин тактики улшăннă, анчах унăн тĕллевĕ—коммунизмшăн кĕрешесси нимĕн улшăнмасăр юлнă. Çак аслă тĕллев патне çитме парти ĕççыннисене хăйĕн кĕрешӳ ялавĕсем айне пĕрлештернĕ, вĕсене коммунизм идейисене чун-чĕререн парăнса ĕçлеме воспитани панă.

Халăхăн революцилле хастарлăхне, творчествăлла вăйĕсене хытă шанса, парти ăна социализм тумалли çĕнĕ, халиччен пĕлмен çулпа ертсе кайрĕ. Çак калама çук пысăк ĕçре тĕлĕнмелле йывăрлăхсемпе чăрмавсене çĕнтермелле пулнă. Анчах аслă Ленин пирĕн партие нимĕнле йывăрлăхсенчен те хăрамасăр кĕрешме воспитани панă. Социализм çĕнтерĕвĕшĕн пынă кĕрешӳре вăл рабочи класăн мĕнпур тăшманĕсене çапа-çапа аркатнă, рабочи класпа хресченсен союзне çирĕплетнĕ, мĕнпур ĕççыннисен активлăхне вăратнă, вĕсене историре харпăр хăй ĕçне туса тăма çĕкленĕ. Коммунистсен партийĕ яланах Ленин кăтартса панă çулпа пынă. Ленин мĕнпур ĕçре партире тăман çынсемпе союз тытма хушнă, çак союзсăр коммунизм строительстви ĕçне ăнăçлăн туса пырас пирки сăмах та пулма пултараймасть, тесе вĕрентнĕ. «...Кирек те мĕнле пысăк революцилле ĕç ăнăçлă пултăр тесен, революционерсем чăн-чăнах пурăнма пултаракан тата малта пыракан класс авангарчĕн рольне çеç йышăнма пултарнине ăнланса илни тата ăна пурнăçа кĕртме пĕлни кирлĕ,—тесе çырнă Ленин.—Авангард хăй ертсе пыракан массăран уйрăлса каймасть пулсан çеç, пĕтĕм массăна чăн-чăнах малалла илсе пыма пĕлет пулсан çеç авангардăн задачисене пурнăçа кĕртсе пырать» (Соч., 33 т., 201 стр.).

Халăх Совет Союзĕнче социализм тумалли программăна хăйĕн тăван ĕçĕ тесе йышăнчĕ, парти тавра тачă пĕрлешрĕ, вăл ертсе пынипе калама çук аслă ĕçе тытăнчĕ, историри кĕске срокра Советлă Тăван çĕршыва кая юлнă, аграрлă çĕршывран хăватлă индустриллĕ-колхозлă социализмла держава туса хучĕ.

Социализм çĕнтернине пула Коммунистсен партийĕпе халăх хушшинчи çыхăну вăйланса çирĕпленчĕ. Совет обществинче темиçе парти пулма никĕс çук, мĕншĕн тесен эксплуататорла классене пĕтернĕ, пĕтĕм халăхăн нихçан аркими моралльĕ-политикăлла пĕрлĕхĕ йĕркеленсе çитрĕ. Коммунистсен партийĕ рабочи класăн, колхоз хресченĕсен, ĕç интеллигенцийĕн интересĕсене палăртса тăрать. Вăл ертсе пынипе Совет Союзĕнчи ĕççыннисем коммунизм строительствинчи çĕнĕ çĕнтерӳсем патне шанчăклăн пыраççĕ.

Парти СССР аталанăвĕн кучухнехи тапхăрне наука çутипе çутатса пачĕ: çак тапхăр социализмла общество туса çитерсе, социализмран майĕпен коммунизма куçмалли тапхăр пулса тăрать. Çакă ĕнтĕ халăха тата та анлăрах йăлашлăхсем уçса пачĕ, унăн хăй вăйне ĕненес шанчăкне ӳстерчĕ. Парти пирĕн халăх кĕрешĕвне аслă тĕллев çутатса тăтăр, çав тĕллев ăна аслă вăй-хăват патăр тесе ывăнма пĕлмесĕр тăрăшса ĕçлет. Парти ĕççыннисене производство ĕçне, обществăпа политика ĕçне активлăн хутшăнтарать, вĕсене ĕç çине, мĕнпур ырлăхсем паракан обществăлла харпăрлăх çине коммунистла пăхма воспитани парать.

Парти хăйĕн пĕтĕм ĕçне ĕççыннисен ӳссе пыракан активлăхĕ пулăшнипе туса пырать. Вăл массăсене вĕрентет кăна мар, массăсенчен хăй те вĕренет, вĕсене мĕн кирлине, вĕсен ыйтăвĕсене, сĕнĕвĕсене тĕпчесе пĕлет, аялтан килекен, пирĕн пĕрлехи ĕçе вăйлатма пулăшакан критикăна яланах шута илет. Парти халăхпа куллен çыхăну тытнине кăтартса паракан çутă тĕслĕх вăл КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ социализмла производствăн руçоводителĕсемпе малта пыракансен вăхăтран вăхăта ирттерекен канашлăвĕсем пулса тăраççĕ. Вĕсем партие промышленноçпа ялхуçалăхĕнчи пысăк çитменлĕхсене тупма, çав çитменлĕхсене пĕтермелли тĕрĕс çулйĕр палăртма, социализмла обществăна малалла аталантармашкăн питех те кирлĕ, халăхăн тĕп интересĕсемпе килĕшсе тăракан решенисем йышăнма пулăшаççĕ.

Хăй опытне массăсен опычĕпе пуянлатса, парти çĕршыва тĕрĕс ертсе пырать, халăх хуçалăхĕн планĕсене ăнăçлăн тултарма çул кăтартса парать. Совет Союзне аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана ăнăçлăн тултарнă.

1955 çулта—пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхăн юлашки çулĕнче—чаплă çитĕнӳсем тунă. Пĕтĕм продукци туса кăларас тĕлĕшне 1955 çулхи плана 103 процент тултарнă. 1954 çулхипе танлаштарса пăхсан, пĕлтĕр Совет Союзĕнчи пĕтĕм промышленность продукцийĕ 12 процент ӳснĕ. Малта пыракан техникăпа усă курни, рабочисен квалификацийĕ хăпарни ĕç тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе планри задачисене тултарма май пачĕç. Ялхуçалăхĕнче ĕçлекенсем пахлă çитĕнӳсем турĕç. Тырпул акакан çĕр лаптăкĕсем нумай ӳсрĕç, уйрăмах вĕсем халиччен сухаламан тата нумайччен сухаламасăр выртнă çĕрсене сухаласа акнипе пула ӳсрĕç. Иртнĕ çулта çĕршывра 1954 çулхинчен чылай ытларах тĕштырă туса илнĕ. Халăх хуçалăхĕ пĕрмаях çĕкленсе пынă никĕс çинче совет халăхĕн материальнăй пурнăçĕ малалла лайăхланса, культура шайĕ ӳссе пычĕ.

Анчах парти совет çыннисене тунă çитĕнӳсемпе лăпланса ларма мар, хăйсен кашни çитĕнĕвне çĕнĕ, тата та сӳлĕрех пусăма куçмалли услови тесе шутлама вĕрентет. Вăл совет çыннисене ывăнма пĕлмесĕр малалла кайма чĕнет.

Пирĕн партипе халăхăн çĕнĕ çитĕнӳсемшĕн кĕрешес кăмăлĕ КПСС XX-мĕш съезчĕ улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектĕнче уççăн паларса тăрать. Çак проекта хатĕрленĕ чух Центральнăй Комитет нумай пин предприятисемпе колхозсен коллективĕсем панă сĕнӳсене шута илнĕ. Çав сĕнӳсене хатĕрлесе сӳтсе явас ĕçе рабочисен, колхозниксен, промышленноçпа ялхуçалăхĕнчи специалистсен, ученăйсен йышлă массисем хутшăннă. Вĕсен патриотла пуçарăвĕ тата ĕçри пысăк опычĕ Центральнăй Комитета улттăмĕш пилĕкçуллăхра халăх хуçалăхĕн уйрăм отраслĕсене аталантарас задачăсене туллинрех палăртма, социализмла промышленноçра, ялхуçалăхĕнче, транспортра шалти калама çук пысăк майсене тупма пулăшрĕç.

Халăх пултарулăхĕ çине таянса, коммунистсен партийĕ ĕççыннисем умне промышленноçа малалла вăйлатас, техникăна аталантарас, производствăна лайăхрах организацилес, ялхуçалăхне хăварт çĕклес тĕлĕшпе калама çук аслă задачăсем кăларса тăратрĕ. Çак задачăсене пирĕн халăх чун-чĕререн тăрăшса пурнăçа кĕртет. Совет çыннисем фабрикăсемпе заводсенче, колхозсемпе совхозсен уй-хирĕсенче вăйшеллемесĕр ĕçлесе, улттăмĕш пилĕкçуллăхри çитĕнӳсен ăнăçлăхне татса пĕраççĕ. Парти çул кăтартса пынипе вĕсем Совет Союзĕн экономикăри тĕп задачине пурнăçа кĕртес—нĕр çын пуçне туса кăларакан продукци хисепĕ енчен ытларах аталаннă капитализмла çĕршывсене историри чи кĕске срокра хуса çитсе, иртсе каяс тесе активлăн кĕрешеççĕ. Çаксем пурте пирĕн çĕршывра пулса иртеççĕ: калама çук пысăк гидроэлектростанцисем е çĕнĕрен домна кăмакисем тăвасси çинчен сăмах пырать-и, тимĕрбетон туса кăларасси, çĕнĕ çĕрсене сухаласси, кукуруза ытларах акса тăвасси, выльăх-чĕрлĕхрен продуктсем нумайрах илесси çинчен сăмах пырать-и—çаксене пурне те халăха ырлăх кӳме, ĕççыннисен пурнăçĕ лайăхрах та илемлĕрех пултăр тесе тăваççĕ. Халăх ырлăхĕшĕн, социализмла Тăван çĕршыв вăйхăвачĕшĕн тăрăшасси пирĕн парти ĕçĕнчи чи пысăк закон, унăн коммунизмла общество тумалли политикин тĕп содержанийĕ пулса тăрать.

Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе пирĕн çĕршыври ĕççыннисем çĕнĕ, социализмла культура, марксизм-ленинизмăн вилĕмсĕр идейисемпе хавхаланса ӳсекен культура тума анлă çул çине тухрĕç. Парти нумай тĕрлĕ талантсене çитĕнме ирĕк пачĕ, Совет Союзĕнчи халăхсен çав талантсем питĕ нумай. Хăйсен хушшинчен вĕсем государствăн паллă деятелĕсене, хуçалăхпа культура строительствин, çарпа флотăн организаторĕсене, наукăн, техникăн, литературăпа искусствăн нумай йышлă кадрĕсене ӳстерсе çитĕнтерчĕç.

Совет наукипе культури чечекленсе ӳсни совет халăхĕн творчествăлла активлăхĕнчен, парти аслă ертсе пынинчен килет. Парти социализмла обществăн материальнăй ырлăхĕсене кăна мар, ăс-тăн пуянлăхĕсене те ӳстерсе пырас, совет çыннисене коммунизмла воспитани парас тесе куллен тăрăшса ĕçлет.

Хальхи вăхăтра, Совет Союзĕнчи ĕççыннисем социализмла промышленноçа, ялхуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсене çĕнĕрен хăватлăн аталантармалли плансене пурнăçа кĕртнĕ чухне, парти организацийĕсен идеологилле ĕçĕ çав тери пысăк вырăн йышăнать. Парти мĕнпур коммунистсене çапла тума хушать: вĕсен пропагандăпа агитацин çивĕч хĕçпăшалĕпе пирĕн пурнăçри юрăхсăр явленисене хирĕç, буржуалла идеологипе мораль юлашкийĕсене хирĕç кĕрешмелле, пропагандăпа агитаци ĕçне коммунизм строительствин практикипе, кашни предприяти, колхоз, МТС, совхоз умĕнче тăракан конкретлă задачăсемпе тачă çыхăнтарса туса пымалла.

Идеологилле ĕçĕн системинче КПСС пурне те çĕнтерекен Маркс — Энгельс — Ленин—Сталин вĕрентĕвне пропагандăласине уйрăмах пысăк вырăна хурать. Коммунистсен партийĕпе унăн Центральнăй Комитечĕ пирĕн кадрсем марксистла-ленинла теорие творчествăлла вĕренччĕр, çав теорипе хăйсен кулленхи ĕçĕнче усă курччăр тесе тăрăшаççĕ.

Халĕ, социализмла производствăн мĕнпур отраслĕсене çĕнĕрен хăватлăн çĕклессишĕн, коммунизмăн пурлăхпа производство никĕсне туса хурассишĕн кĕрешӳ пынă чухне, марксизм-ленинизмăн экономикăлла вĕрентĕвĕ мала тухса тăрать. Пирĕн кадрсене экономикăлла пĕлӳсем пани, партин хуçалăх политикин наукăлла никĕсĕсем çинчен вĕрентни хуçалăха лайăхрах ертсе пыма, коммунизм строительствин задачисене ăнăçлăн татса пама пулăшать.

В. И. Ленин массăсене политикăна вĕрентнин результачĕсене хуçалăх лайăхланнипе кăна виçме пулать, тесе кăтартса панă. Ленин çапла кăтартса панине шута илсе, парти хăйĕн идеологи хĕçпăшалне çивĕчлетсех пырать, çак ĕç пире пĕрмаях малалла кайса пыма пулăштăр тесе тăрăшать.

Союзлă республикăсенчи компартисен съезчĕсем, партин крайсемпе облаçсенчи конференцийĕсем улттăмĕш пилĕкçуллăх задачисене пурнăçа кĕртме, партилло-политикăлла ĕçне идеологи ĕçне вăйлатма пĕтĕм вăя мобилизацилес лозунгпа пулса иртрĕç. Çак съездсемпе конференцисем парти речĕсен нихçан аркими пĕрлĕхне, вĕсем партин Центральнăй Комитечĕ тавра тачă пĕтĕçсе тăнине, вĕсем социализмла Тăван çĕршывăн экономикăпа оборона вăй-хăватне малалла тĕреклетессишĕн, халăх пурнăçне лайăхлатассишĕн, совет культурине ӳстерессишĕн çине тăрса кĕрешме хатĕр пулнине кăтартса пачĕç.

Коммунистсен партийĕпе совет халăхĕн мухтавлă çĕнтерĕвĕсем, пулас вăхăта палăртакан аслă малашлăхсем пĕтĕм тĕнчипе паллă историлле вырăнта тăраççĕ. Улттăмĕш пилĕк çуллăх плана — пирĕн çĕршыври икçĕр миллион халăхăн çирĕп шухăш-кăмăлĕпе унăн хăватлă пултарулă вăйне палăртса тăракан плана—пурнăçа кĕртни мир, демократи тата социализм ĕçĕнчи çĕнĕ пысăк çитĕнӳ пулса тăрать.

Совет халăхĕн примерĕнчен халăх демократи çĕршывĕсенчи ĕççыннисем хăйсем суйласа илнĕ социализм çулĕ—пĕртен-пĕр тĕрĕс çул пулнине, вăл çул прогресс патне, телейлĕ те мирлĕ пурнăç патне илсе пынине ытларах та ытларах курса ĕненеççĕ. Социализм строительствин аслăран та аслă планĕсем, совет халăхĕ Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе пурнăçа кĕртекен плансем, халăх демократи çĕршывĕсенчи ĕççыннисене халăх демократи стройне çирĕплетессишĕн, мирпе социализмшăн ĕçлесе çĕнĕ çитĕнӳсем тума хавхалантараççĕ. КПСС XX-мĕш съезчĕ улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектне хĕрӳллĕ ырласа, çак çĕршывсенчи халăхсем пĕтĕм саспа çапла калаççĕ: Совет Союзĕнче çĕнĕ пилĕкçуллăха пурнăçа кĕртни пĕтĕм социализм лагерĕн вăй-хăватне çирĕплетес ĕçре историлле пысăк вырăн йышăнать.

Совет Союзĕн çĕнĕ пилĕкçуллăхĕ çĕр чăмăрĕ çинчи мĕнпур ĕççыннисене тĕнчери йывăр лару-тăрăва çăмăллатассишĕн, пĕтĕм тĕнчери миршĕн яланах çирĕп кĕрешекен Совет государствин мирлĕ ĕçĕсене кăтартса парать. Совет Союзĕн тулашри мирлĕ политикине мĕнпур çĕршывсенчи халăх массисем хĕрӳллĕ ырласа, пулăшса тăраççĕ.

* * *

Коммунистсен партийĕ марксизм-ленинизм вĕрентĕвне тĕрĕс пурнăçа кĕртсе пынине, хăйĕн речĕсен çирĕплĕхĕпе, халăхпа тачă çыхăнса тăнипе вăйлă. Халăхăн чи лайăх, малта пыракан çыннисене пĕрлештерсе, парти унăн чи активлă пайĕ пулса тăрать.

«Коммунистсен партийĕн ретĕнче, — терĕ Н. С. Хрущев,—Совет Союзĕнчи икçĕр миллион халăхран 8 миллион çын, комсомолта—18,5 миллион çынна яхăн тăрать. Çапла ĕнтĕ, пирĕн çĕршывра пурте парти членĕ е комсомолец мар, эпир ун пек тума тăрăшмастпăр та. Анчах пирĕн çĕршывра пĕтĕм халăх Коммунистсен партийĕ тавра пĕрлешрĕ, вăл партие тивĕçлипех хăйĕн организаторĕпе çулпуçĕ тесе шутлать. Пирĕн çĕршывра халăхпа партие пĕр-пĕринчен уйăрма çук».

Парти рабочи класпа колхоз хресченĕсен нихçан аркими союзне туса çирĕплетрĕ, мĕнпур национальность ĕççыннийĕсене пĕр тăван семьене пĕрлештерчĕ, вĕсене совет патриотизмĕ, халăхсен туслăхĕ тата пролетарилле интернационализм майлă воспитани пачĕ.

Коммунистсемпе партире тăманнисем тачă çыхăнса ĕçлени, партипе халăхăн аслă пĕрлĕхĕ — улттăмĕш пилĕк çуллăх плана тултарма кирлĕ тĕп услови, социализмла государство вăй-хăватне çирĕплетес ĕçри пирĕн малашнехи çитĕнӳсен никĕсĕ, коммунизмăн çӳлти сынăкĕ патне çĕнтерӳллĕн пымалли никĕс пулса тăрать.

Н. ТАРАСЕНКО.

## Рабочисем вĕренеççĕ

Квалификацие ӳстерни ĕç тухăçлăхне тата производство культурине ӳстерсе пыма пулăшнине асра тытса, Куславккари суртсем тăвакан заводри рабочисемпе работницăсем, мастерсем тата инженерсемпе техниксем куллен тăрăшса вĕренеççĕ. Халĕ кунта кашни пилĕк çынтан пĕри ăçта та пулин вĕренет.

Рабочисене техника енĕпе вĕрентме завод дирекцийĕ лайăх условисем туса панă. Çакна май вĕсем иртнĕ кĕркунне, пур çĕрте те вĕренӳ çулĕ пуçланнă вăхăтра, хăйсем ĕçлекен цехсемпе пайсенче йывăç технологийĕ енĕпе пĕлĕве ӳстерсе пыма, станоксемпе механизмсене тата малта пыракансен опытне вĕренме тытăннă.

Суртсем тăвакан цехри работница К. Гунина юлташ лайăх вĕреннипе пĕрлех производствăра та малта пырать. Вăл ертсе пыракан бригада КПСС XX-мĕш съезчĕ ячĕпе илнĕ социализмла обязательствăна срокчен пурнăçа кĕртрĕ, пĕтĕмпех пĕрремĕш сорт продукци туса кăларакан пулчĕ.

Столяр цехĕнчи сборщик В. Лемановна столяр В. Семенов юлташсем производствăра малта пыраççĕ. Вĕсем хăйсен специальноçĕсене лайăх вĕренсе çитнĕ. Халĕ çак икĕ тус, иккĕмĕш специальность илме ĕмĕтленсе, электромонтерсем пулма тăрăшса вĕренеççĕ.

Хăма çуракан цехри малта пыракан рамщик Н. Желтухин юлташ рабочи çамрăкĕсен шкулĕнчи саккăрмĕш класра вĕренет.

Рабочи çамрăкĕсен шкулĕ кунта Аслă Отечественнăй вăрçă çулĕсенчех ĕçлеме пуçланă. Малтанхи вăхăтра ун валли юрăхлă çурт тупма та май килмен. Халĕ çамрăк рабочисемпе работницăсем икĕ хутлă пысăк çуртра вĕренеççĕ. Кунта 10 класс, библиотека, химипе физика кабинечĕсем пур.

Вĕренсе аттестат илнисенчен нумайăшĕ, халĕ те производствăрах ĕçлесе, тĕрлĕ аслă шкулсенче заочно вĕренеççĕ. Вĕсем хушшинче: пăравус машинисчĕн помощникĕ Ю. Васильев, цех начальникĕ С. Парашин, техник Р. Якубов тата ыттисем те.

Çак вĕренӳ çулĕнче аслă классенче вĕренекенсен шучĕ чылай ӳсрĕ. Вĕсенчен нумайăшĕ—производство новаторĕсем, нормăна яланах ирттерсе тултараççĕ. Вунăмĕш класра вĕренекен В. Никифоров сборщик, сăмахран, кашни сменăрах норма çурă тултарать. Çак класрах пултарулă мастерсенчен нĕри, чĕртавар биржинчи комсомол организацийĕн секретарĕн заместителĕ А. Данилов лайăх вĕренсе пырать. Производствăра малта пыракансем—строительство пайĕнчи штукатурсем И. Петряевăпа А. Воробьева, бухгалтер М. Крылова тата ытти юлташсене те илсе кăтартма пулать.

М. АЛЕКСАНДРОВ.

## *Малта пыракан бригадăсем*

Шупашкарти 123-мĕш стройтрестăн иккĕмĕш бетон цехĕнче кунĕн-çĕрĕн ĕç вĕресе тăрать. Съезд ячĕне вахтăна тăрса, малта пыракан бригадăсем задание тăтăшах ирттерсе пурнăçлаççĕ. С. Павлов юлташ ертсе пыракан бригада иртнĕ уйăхри плана 180 процент тултарчĕ. Бригада паха детальсемпе конструкцисем туса кăларчĕ. С. Платонов юлташ ертсе пыракан смена уйрăмах лайăх ĕçлет. С. Илатонов юлташ Мускаврan вĕренсе килчĕ, унта вăл столицăри тимĕрбетон тăвакан новаторсен опычĕпе паллашнă.

Трестăн 3-мĕш участокĕнче каменщиксемпе штукатурсем пысăк çĕкленӳпе ĕçлеççĕ. Журавлев юлташ ертсе пыракан каменщиксен бригади ĕç нормине куллен ирттерсе тултарать. Косарев юлташ ертсе пыракан штукатурсен бригади пур ĕçе те паха тăвать, задание 150 процент таран тултарса пырать.

А. ЕГОРОВ.

## Обязательствăсене пурнăçланă

КАНАШ. Партин XX-мĕш съезчĕ ячĕпе ĕç вахтине тăрса, хулари промышленность предприятийĕсенчен чылайăшĕ пысăк çитĕнӳ турĕç. «Дружба» артель коллективĕ, февралĕн 13-мĕшĕ тĕлне икĕ уйăх планне тултарса, заказсене ирттерсе 224 пин тенкĕлĕх продукци туса кăларчĕ. Кавир тăвакан цех (начальникĕ Орлова) коллективĕ вара çав вăхăт тĕлне квартал планне тултарнă. Çак кунсенче артельти ытти цехсем те пысăк çĕкленӳпе ĕçлеççĕ.

Ленин ячĕпе тăракан артель уйăх çурă планне 123 процент ытла, трикотажпа переплет цехĕсем—икĕ уйăх планне тултарнă.

Савăн пекех литейнĕ-сварочнăй завод, «1-ое Мая» артель, аш-какай комбиначĕ тата ытти хăшпĕр предприятисен коллективĕсем те КПСС XX-мĕш съезчĕ ячĕпе илнĕ обязательствăсене пурнăçланă.

(Хамăр инф.).

*Çĕнĕ кĕнеке*

## „Кашни ĕнерен 5.000 литр сĕт"

Чăваш государство селекци станцинчи Митрофанова Ольга Митрофановна—республикăри чи паллă доярккăсенчен пĕри. Вăл 1954 çулта хăйне çирĕплетсе панă 10 ĕнерен вăтам шутпа 4.710-шар килограмм, иртнĕ çулталăкра 4.921 килограмм сĕт суса илнĕ. Иртнĕ çулхи ĕç результачĕсене шута илсе, чаплă доярка кăçал кашни ĕнерен 5.000 литртан кая мар сĕт суса илме обязательство илнĕ.

Çак кунсенче Чăвашгосиздат О. М. Митрофановăн «Кашни ĕнерен 5.000 литр сĕт» ятлă кĕнекине пичетлесе кăларнă. Кĕнеке тиражĕ 2.000 экз., хакĕ 15 пус.

# Яланхи комиссисем ĕçне эпир мĕнле организацилерĕмĕр

Ĕççынни депутачĕсен Шупашкар хула Совечĕн промышленность, транспорт тата çыхăну енĕпе ĕçлекен яланхи комиссийĕ 25 депутатран тăрать. Комиссие кĕрекен депутатсем тĕрлĕ çĕрте ĕçлеççĕ, вĕсен шутĕнче рабочисем, мастерсем, предприяти руководителĕсем пур.

Комисси тăвакан ĕçĕн уйрăмлăхне кура комиссие икĕ секцие уйăрнă: выранти промышленность енĕпе ĕçлекен секци тата транспортпа çыхăну енĕпе ĕçлекен секци. Вĕсене комисси председателĕн заместителĕсем Н. Байковна И. Грицкевич юлташсем ертсе пыраççĕ.

Хула Совет исполкомĕ чи малтанах яланхи комиссисен председателĕсемпе тата заместителĕсемпе канашлу ирттерчĕ. Çак канашлу пире комисси ĕçне йĕркелесе яма чылай пулăшрĕ. Комисси членĕсем ĕçе тытăничченех ĕççынни депутачĕсен Совечĕсен яланхи комиссийĕсен положенийĕпе паллашрĕç. Ун хыççăн малтанхи квартал валли ĕç планне турăмăр тата ларусем ирттермелли сроксене кăтартрăмăр.

Илапла Шупашкар хулинчи автотранспорт кантурĕн ĕçне тĕрĕслеме, хула çыннисене автобуссемпе çăмăл автомобиль-таксисемпе турттарса çӳрессине лайăхлатас тĕлĕшпе сĕнӳсем тăратма палăртрăмăр. Çак ĕçе тума 7 çынтан тăракан депутатсен ушкăнне уйăртăмăр.

Автотранспорт кантурĕн ĕçсене тĕрĕсленĕ хыççăн тĕрĕслӳ итогĕсене комисси хăйĕн ларăвĕнче сӳтсе яврĕ. Ларăва çак кантурăн начальникне С. Михайлов юлташа та чĕнтĕмĕр. Комисси членĕсем автотранспорт ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе чылай сĕнӳсем пачĕç. Нумай суйлав округĕнчи суйлавçăсем панă наказсене асра тытса, комисси хула Совет исполкомне автотранспорт ĕçĕсем çинчен хăйĕн ларăвĕнче пăхса тухма сĕнӳ тăратрĕ.

Калас пулать, çакăн хыççăн хулари автобуссем, çăмăл автомобиль-таксисем лайăхрах ĕçлеме пуçларĕç. Халĕ автобуссем çӳрекен маршрутсене палăртнă, вĕсем чарăнакан вырăнсене кăтартакан указательсем çакса тухнă. Автотранспортра ĕçлекенсем хушшинче ĕç дисциплини çирĕпленчĕ.

Çапах та хула транспорчĕ ĕççыннисен ыйтăвĕсене лайăх тивĕçтерет теме çук-ха. Çакă уйрăмах хĕллехи условисенче палăрчĕ. Нумаях пулмасть пулса иртнĕ ларура хула Совет исполкомĕ транспорт ĕçĕнчи пысăк çитменлĕхсене палăртрĕ. Халлĕхе автотранспорт ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе суйлавçăсем панă пур наказсене те пурнăçлайман-ха. Çавăнпа та яланхи комисси членĕсем халĕ автотранспорт ĕçĕнчи мĕнпур çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе ĕçлеççĕ.

Ĕççыннисен кулленхи ыйтăвĕсене тивĕçтерес тĕлĕшпе ĕçлекен предприятисем пирки суйлавçăсем суйлав умĕнхи пухусенче нумай каларĕç. Чăнах та çав предприятисем начар ĕçлеççĕ-ха. Вĕсен ĕçне лайăхлатас шутпа, пĕчĕк предприятисене пĕрлештерсе тухăçлăрах ĕçлекен пысăкрах предприятисем тума майсем шырас шутпа, комиссин ытти членĕсене хулари 10 предприятин ĕçне тĕрĕслеме хушрăмăр. Кашни предприятие 2—3 депутата ятăмăр.

Предприятисен ĕçне тĕрĕсленĕ хыççăн та комисси членĕсем нумай сĕнӳсем пачĕç. Çав сĕнӳсене комисси ларăвĕнче сӳтсе яврăмăр. Хула Совет исполкомĕ йышăннă тăрăх, Куйбышев ячĕпе тăракан артеле лесхимартельпе пĕрлештернĕ, хулара çĕнĕ мастерскойсем уçнă: «Кожупряжь» артель—ată-пушмак çĕлекен тата юсакан пилĕк мастерской, «Красный кустарь» артель—кĕпе-тумтир çĕлекен пилĕк мастерской уçнă. Çĕнĕ мастерскойсене хула хĕррисенче, халиччен мастерскойсем пулман вырăнсенче, уçнă. «Красный кустарь» артельте яланхи комисси членĕсен сĕнĕвĕ хыççăн кĕпе-йĕм çĕлекен цеха механизацилеме тытăннă—малалла 15 машина электричество вăйĕпе ĕçлеме тытăнать.

Хула Совечĕн суйлавĕ вăхăтĕнче хăшпĕр округсенчи суйлавçăсем почтăпа телеграф ĕçне лайăхлатма тата хулари çуртсене радио кĕртессине сарса пыма наказсем пачĕç. Суйлавçăсен çак наказĕсене пурнăçлас тĕллевпе М. Дмитриев, С. Букетов, И. Грицкевич депутатсем çак ĕç мĕнле пулса иртнине тĕплĕн тишкерсе тухрĕç. Вĕсем ку ыйтусемпе тĕплĕ справкăсем, çав ĕçсене тума мĕн чухлĕ укçа-тенкĕ тата материалсем кирлине кăтартакан расчетсем хатĕрлерĕç. Яланхи комисси членĕсене çав документсене хатĕрлеме хулари çыхăну кантурĕн начальникĕ Пульхеровский тата радиотрансляци дирекцийĕн начальникĕ Лихтенфельд юлташсем пулăшрĕç.

Яланхи комисси сĕннĕ тăрăх хула Совет исполкомĕ иртнĕ çулхи октябрь уйăхĕнче çав ыйтусене хăйĕн ларăвĕнче пăхса тухрĕ, çыхăну ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе тивĕçлĕ решени йышăнчĕ. Çав решение пурнăçласа, чылай ĕçсем туса ирттернĕ: çыхăну уйрăмĕсен çурчĕсене юсанă, ун валли çĕнĕ сĕтел-пукан туяннă, йывăç сутакан склад урлă почта ещĕкĕсем сутассие йĕркеленĕ, почта ещĕкĕсенчен çырусене кашни кунах виçшер хут пухса илме тытăннă, электроаппаратура завочĕпе трактор пайĕсем тăвакан завод районĕсенче çĕнĕрен икĕ çыхăну уйрăмĕ уçнă. Çĕнĕ урамсене радио кĕртес тĕлĕшпе те сахал мар ĕçсем тунă. Кировски поселокра, Богдан Хмельницкий урамĕнче кĕçех радио кĕртсе пĕтереççĕ, хулан ытти хĕррисенче те радио кĕртме тытăннă.

Купта çакна та каламалла: хула Совет исполкомĕ йышăннă решени пĕтĕмпех пурнăçланаймарĕ-ха. Пир-авăр комбинатĕнчи çыхăну уйрăмĕ валли çурт уйăрса паман. Кирпĕч завочĕ çумĕнчи çыхăну уйрăмне, çурт çук пирки, хупма тивнĕ, завод директорĕ ун валли халĕ те çурт памасть. Решени тăрăх Çыхăну управленийĕн начальникне Дмитриев юлташа почтальонсем валли çăмăл автомобиль уйăрса пама хушнă пулнă, анчах вăл çак решение пурнăçламан. Хулари коммунальнăй хуçалăх пайĕ те хăйне тума хушнă ĕçсене пурнĕ те туман: пур çĕрте те урам ячĕсене çырса тухман, урамсене çутатса тăрассине кирлĕ пек йĕркелемен.

Калас пулать, комиссин пур членĕсем те ĕçе пĕр пек активлă хутшăнмаççĕ. И. Андрюшкин, А. Яшина, П. Семенов, П. Яркин тата ытти хăшпĕр депутатсем комисси хушнă ĕçсене пурнăçламаççĕ, комисси ларăвĕсене те çӳремеççĕ. Хула Совет исполкомĕн депутатсен ĕçри активлăхне ӳстерме пире пулăшмаллах.

Г. ПЕТУХОВ.
Яланхи комисси председателĕ.

# Культурăпа çутĕç учрежденийĕсен тивĕçĕ

Вăрнар районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз хуçалăхĕ çултан-çул тĕреклене пырать, колхозниксем пуян пурăнаççĕ. Иртнĕ çул çак миллионер-колхоз Пĕтĕм Союзри ялхуçалăх выставкин участникĕ пулнă. Артель хуçалăхне хăватлăн аталантарас ĕçе ялти клубăн (заведующийĕ П. Кошкин юлташ) йышлă активĕ те сахал мар вăй хурать. Клуб колхоз правленийĕпе парторганизацин помощникĕ, ялти чăн-чăн культура центрĕ пулса тăчĕ. Кунта кашни колхозник интереслĕ кĕнеке, хаçат-журнал тупса вулама, лекцисемпе докладсем итлеме, спектакль е кино курма, художествăлла пултарулăх кружокĕсен концерчĕсене итлесе савăнма пултарать. Клуба 1956 çулта Пĕтĕм Союзри ялхуçалăх выставкин участникĕ пулма палăртнă. Николаев юлташ пĕлтернĕ тăрăх, кăçал клуб тата лайăхрах ĕçлеме пуçларĕ. Нумаях пулмасть колхозниксем пĕрле пухăнса, КПСС XX-мĕш съезчĕ СССР халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проекчĕ çинчен лекци итлерĕç.

Ытти нумай ялхуçалăх артелĕсенче те колхозниксем хĕллехи вăрăм каçсене Хрущев ячĕпе тăракан колхоз клубĕнчи пекех усăллă ирттереççĕ. Сăмахран, М. Данилов юлташ Элĕк районĕнчи Сурăмпуç Шĕмшешри библиотека (заведующийĕ М. Егорова юлташ) культурăлла-массăлла ĕçе аван йĕркелени çинчен каласа парать. М. Егорова юлташ библиотека ĕçне ялти учительсене, медицина работникĕсене, ялхуçалăх специалисчĕсене, комсомолецсемпе çамрăксене хутшăнтарнă. Лекторсен ушкăнĕ лайăх ĕçлет. Драмăпа хор кружокĕсен спектаклĕсемпе концерчĕсене колхозниксем час-часах кураççĕ. Библиотека пуçарăвĕпе, Элеккĕнушкăнь тата Краклаш ялĕсенче, выльăх-чĕрлĕх фермисенче куçса çӳрекен библиотекăсем йĕркеленĕ. Актив пулăшнипе стена хаçачĕ тăтăшах тухса тăрать. Иртнĕ çул 18 номер хаçат тухнă.

Çĕрпӳ районĕнчи Елашри клуб, Красноармейски районĕнчи «Партизан» колхозри клуб, Канаш районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозри, Хĕрлĕ Чутай районĕнчи Кивĕ Атикассинчи библиотекăсем лайăх ĕçлени çинчен С. Кириллов, П. Васильев, И. Соловьев, Ю. Долгов юлташсем çырса пĕлтерчĕç.

Хăйсен ĕçне тивĕçлипе туса пыман библиотекăсемпе клубсем те республикăра чылай-ха. Вăрмар районĕнчи «Маяк» колхозри колхозниксем хăйсен клубне хĕллехи условисенче ĕçлеме тĕплĕн хатĕрленĕ. Колхоз правленийĕ культура фондĕнчи укçа-тенкĕпе кĕнекесем тата ытти йышши культура таварĕсем çителĕклĕ илсе панă. Анчах, колхоз председателĕ И. Недеров юлташ пĕлтернĕ тăрăх, клуб заведующийĕ К. Таратин комсомолец колхозниксен шанăçне тӳрре кăларассишĕн тăрăшмасть: «Клубри ĕçе йĕркелес вырăнне,—тет И. Недеров юлташ,—К. Таратин хăй вырăнне урăх çынсене лартса хăварать те хăй улаха тухса каять».

«Пирĕн ялти вулав суртне ячĕшĕн кăна уçнă темелле,—тесе çырать Шăхасан районĕнчи Енĕш ялĕнчен Н. Петров юлташ.—Вулав суртне нырсан, колхозниксем хаçат-журнал вулаймаççĕ, кĕнекесене пичĕрсе хунă. Стенасем çинче пĕр плакат та çук. Вулав çурчĕн заведующийĕ А. Микушкина кăнтăрла 11 сехетре пырать те 6—7 сехетре тухса каять».

Редакцие юлашки вăхăтра колхоз правленийĕсемпе ял Совечĕсем культурăпа çутĕç учрежденийĕсене вутă турттарса паманни çинчен нумай çыраççĕ.

«Библиотека залĕ пысăк, ăна хутса ăшăтма вутă нумай кирлĕ. Пире 7 кубометр вутă пачĕç, анчах вăл çителĕклĕ мар. Тепĕр чухне, сăмахран, яла кинопередвижка пырсан, картина тем тĕрлĕ интереслĕ пулсан та, шăнса кайнă колхозниксем вĕсене ситичченех тухса каяççĕ. Колхоз председателĕ Никифоров, ял Совет председателĕ Петров библиотека çумĕсене çурмиш пулса иртеççĕ»,—тесе çырать Красноармейски районĕнчи Тусĕ Чуракасси ялĕнчи библиотека заведующийĕ З. Романова.

Комсомольски районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхозри виççĕмĕш бригадăра тăватă çул каялла вулав çурчĕ уçнă. Анчах, Г. Долговна Н. Жуков юлташсем калашле, çав вулав çурчĕн ĕçĕшĕн кам ответлă-ши? Кăçал ăна пĕр пуленке вутă та турттарса паман, 1956 çулта илсе тăма пĕр экземпляр хаçат та çырăнса илмен.

## Ялти культура хыпарĕсем

Çамрăксен каçĕ. Иш.ей районĕнчи «Правда» колхоз çамрăкĕсем çĕршыври пысăк хуласенчи аслă шкулсемпе техникумсенче вĕренеççĕ. Хĕллехи каникул вăхăтĕнче вĕсем тăван колхоза таврăнса колхозниксене культурăлла канăва йĕркелеме пулăшрĕç.

Культура таварĕсем туянна. Сĕнтĕрвăрри районĕнчи Тукас ялĕнчи клуб заведующийĕ Н. Курбаков юлташ тăрăшнипе, клуб валли купăс, балалайка, гитара, мандолина тата ытти культура таварĕсем туяннă.

«Искра» колхоз клубĕнче. Йĕпреç районĕнче çак клуб чи лайăххисенчен пĕри шутланать, хăйĕн ĕçне колхоз умĕнче тăракан задачăсемпе таччăн çыхăнтарать. Нумаях пулмасть «Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетессине хăватлăн аталантарар!» тема тăрăх çамрăксен каçĕ пулчĕ.

# Выльăх фермисенче ĕçлекен колхозниксемпе колхозницăсем!

## Хамăрăн Тăван çĕршыва сĕт-çу тата аш-какай ытларах туса парассишĕн малта пыракансем пек ĕçлеме тăрăшар!

## Республикăри выльăх-чĕрлĕх работникĕсене — премисем

**Чăваш АССР Ялхуçалăх министерстви иртнĕ çулхи итогсем тăрăх республикăри колхозсенчи ферма работникĕсене премисем памалла тунă**

### ДОЯРКАСЕНЕ:

1. **Т. Н. Ожогинăна** — Улатăр районĕнчи «Победа» колхозри дояркăна кашни ĕнерен 2.777 килограмм сĕт суса илнĕшĕн — кĕпелĕх крепдешин.

2. **З. М. Лĕнинăна** — Улатăр районĕнчи «Красный луч» колхозри дояркăна хăйне çирĕплетсе панă 10 ĕнерен 9 пăру илсе ÿстернĕшĕн тата кашни ĕнерен 1.920 килограмм сĕт суса илнĕшĕн — апатланмалли сервиз.

3. **Р. М. Михайловăна** — Элĕк районĕнчи «Правда» колхозри дояркăна хăйне çирĕплетсе панă 10 ĕнерен 10 пăру илсе ÿстернĕшĕн тата кашни ĕнерен 1.847 килограмм сĕт суса илнĕшĕн — сăмавар.

4. **Т. А. Суровăна** — Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозри дояркăна хăйне çирĕплетсе панă 10 ĕнерен 10 пăру илсе ÿстернĕшĕн тата кашни ĕнерен 3.213 килограмм сĕт суса илнĕшĕн — «Звезда» сехет.

5. **К. Н. Николаевăна** — Вăрнар районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхозри дояркăна хăйне çирĕплетсе панă 12 ĕнерен 11 пăру илсе ÿстернĕшĕн тата кашни ĕнерен 1.896 килограмм сĕт суса илнĕшĕн — кĕпелĕх крепдешин.

6. **А. П. Васильевăна** — Йĕпреç районĕнчи Киров ячĕпе тăракан колхозри дояркăна хăйне çирĕплетсе панă 9 ĕнерен 9 пăру илсе ÿстернĕшĕн тата кашни ĕнерен 1.834 килограмм сĕт суса илнĕшĕн — будильник.

7. **Х. З. Бихчантаевăна** — Куславкка районĕнчи «Кзыл-Куч» колхозри дояркăна хăйне çирĕплетсе панă 12 ĕнерен 12 пăру илсе ÿстернĕшĕн тата кашни ĕнерен 1.204 килограмм сĕт суса илнĕшĕн — пурçăн тутăр.

8. **А. Н. Никифоровăна** — Красноармейски районĕнчи «Герой» колхозри дояркăна хăйне çирĕплетсе панă 10 ĕнерен 10 пăру илсе ÿстернĕшĕн тата кашни ĕнерен 1.895 килограмм сĕт суса илнĕшĕн — пурçăн тутăр.

9. **М. П. Ильинана** — Комсомольски районĕнчи «Красная звезда» колхозри дояркăна хăйне çирĕплетсе панă 6 ĕнерен 7 пăру илсе ÿстернĕшĕн тата кашни ĕнерен 1.864 килограмм сĕт суса илнĕшĕн — апатланмалли савăт-сапа.

10. **В. Федоровăна** — Сĕнтĕрвăрри районĕнчи «Коммунизм» колхозри дояркăна фермăра нумай çулсем хушши ĕçленĕшĕн — сăмавар.

11. **А. Т. Мразовăна** — Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозри дояркăна хăйне çирĕплетсе панă 10 ĕнерен 10 пăру илсе ÿстернĕшĕн тата кашни ĕнерен 2.188 килограмм сĕт суса илнĕшĕн — «Звезда» сехет.

12. **Г. Н. Слесаревăна** — Муркаш районĕнчи «Красный Октябрь» колхозри дояркăна кашни ĕнерен 1.801 килограмм сĕт суса илнĕшĕн — пурçăн тутăр.

13. **М. Т. Соболевăна** — Октябрьски районĕнчи «Звезда» колхозри дояркăна хăйне çирĕплетсе панă 10 ĕнерен 10 пăру илсе ÿстернĕшĕн тата кашни ĕнерен 2.134 килограмм сĕт суса илнĕшĕн — «Звезда» сехет.

14. **В. Ф. Максимовăна** — Октябрьски районĕнчи «Волгарь» колхозри дояркăна кашни ĕнерен 1.816 килограмм сĕт суса илнĕшĕн — будильник.

15. **А. П. Мулгачевăна** — Первомайски районĕнчи «Красная поляна» колхозри дояркăна хăйне çирĕплетсе панă 7 ĕнерен 7 пăру илсе ÿстернĕшĕн тата кашни ĕнерен 1.858 килограмм сĕт суса илнĕшĕн — сăмавар.

16. **З. Е. Курниковăна** — Первомайски районĕнчи «Новая сила» колхозри дояркăна хăйне çирĕплетсе панă 8 ĕнерен 8 пăру илсе ÿстернĕшĕн тата кашни ĕнерен 2.075 килограмм сĕт суса илнĕшĕн — кĕпелĕх крепдешин.

17. **Е. Н. Зотовăна** — Первомайски районĕнчи «Новая сила» колхозри дояркăна хăйне çирĕплетсе панă 7 ĕнерен 7 пăру илсе ÿстернĕшĕн тата кашни ĕнерен 2.295 килограмм сĕт суса илнĕшĕн — «Звезда» сехет.

18. **Е. П. Столяровăна** — Пăрачкав районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхозри дояркăна фермăра нумай çулсем хушши ĕçленĕшĕн — сăмавар.

19. **А. В. Казанцевăна** — Вăрмар районĕнчи «Дружба» колхозри дояркăна хăйне çирĕплетсе панă 9 ĕнерен 9 пăру илсе ÿстернĕшĕн тата кашни ĕнерен 1.937 килограмм сĕт суса илнĕшĕн — пурçăн тутăр.

20. **Т. М. Ильинана** — Вăрмар районĕнчи «Дружба» колхозри дояркăна хăйне çирĕплетсе панă 8 ĕнерен 8 пăру илсе ÿстернĕшĕн тата кашни ĕнерен 2.982 килограмм сĕт суса илнĕшĕн — «Звезда» сехет.

21. **Т. Ф. Филипповăна** — Çĕрпÿ районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхозри дояркăна хăйне çирĕплетсе панă 10 ĕнерен 10 пăру илсе ÿстернĕшĕн тата кашни ĕнерен 2.840 килограмм сĕт суса илнĕшĕн — «Звезда» сехет.

22. **А. Г. Григорьевăна** — Çĕрпÿ районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозри дояркăна хăйне çирĕплетсе панă 11 ĕнерен 15 пăру илсе ÿстернĕшĕн тата кашни ĕнерен 2.575 килограмм сĕт суса илнĕшĕн — сăмавар.

23. **З. Е. Егоровăна** — Çĕрпÿ районĕнчи Мичурин ячĕпе тăракан колхозри дояркăна хăйне çирĕплетсе панă 11 ĕнерен 12 пăру илсе ÿстернĕшĕн тата кашни ĕнерен 2.067 килограмм сĕт суса илнĕшĕн — «Звезда» сехет.

24. **Е. А. Анатольевăна** — Çĕрпÿ районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхозри дояркăна хăйне çирĕплетсе панă 10 ĕнерен 10 пăру илсе ÿстернĕшĕн тата кашни ĕнерен 2.773 килограмм сĕт суса илнĕшĕн — кĕпелĕх крепдешин.

25. **Р. Н. Кузнецовăна** — Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхозри дояркăна хăйне çирĕплетсе панă 11 ĕнерен 11 пăру илсе ÿстернĕшĕн тата кашни ĕнерен 2.775 килогрмм сĕт суса илнĕшĕн — «Звезда» сехет.

26. **Е. В. Руссовăна** — Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхозри дояркăна хăйне çирĕплетсе панă 10 ĕнерен 10 пăру илсе ÿстернĕшĕн тата кашни ĕнерен 2.303 килограмм сĕт суса илнĕшĕн — кĕпелĕх крепдешин.

27. **О. С. Сидоровăна** — Чурачăк районĕнчи Калинин ячĕпе тăракан колхозри дояркăна хăйне çирĕплетсе панă 9 ĕнерен 9 пăру илсе ÿстернĕшĕн тата кашни ĕнерен 2.044 килограмм сĕт суса илнĕшĕн — кĕпелĕх крепдешин.

28. **И. К. Кузьминана** — Чурачăк районĕнчи Калинин ячĕпе тăракан колхозри дояркăна хăйне çирĕплетсе панă 9 ĕнерен 9 пăру илсе ÿстернĕшĕн тата кашни ĕнерен 1.823 килограмм сĕт суса илнĕшĕн — сăмавар.

29. **А. В. Владимировăна** — Чурачăк районĕнчи Калинин ячĕпе тăракан колхозри дояркăна хăйне çирĕплетсе панă 7 ĕнерен 7 пăру илсе ÿстернĕшĕн тата кашни ĕнерен 1.802 килограмм сĕт суса илнĕшĕн — пурçăн тутăр.

30. **З. В. Лукьяновăна** — Шăмăршă районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозри дояркăна хăйне çирĕплетсе панă 8 ĕнерен 9 пăру илсе ÿстернĕшĕн тата кашни ĕнерен 1.894 килограмм сĕт суса илнĕшĕн — пурçăн тутăр.

31. **М. П. Болотинăна** — Çĕмĕрле районĕнчи «Победа» колхозри дояркăна хăйне çирĕплетсе панă 8 ĕнерен 8 пăру илсе ÿстернĕшĕн тата кашни ĕнерен 2.030 килограмм сĕт суса илнĕшĕн — «Звезда» сехет.

32. **Т. И. Братановăна** — Етĕрне районĕнчи Калинин ячĕпе тăракан колхозри дояркăна хăйне çирĕплетсе панă 10 ĕнерен 12 пăру илсе ÿстернĕшĕн тата кашни ĕнерен 1.947 килограмм сĕт суса илнĕшĕн — сăмавар.

33. **З. Г. Черновăна** — Елчĕк районĕнчи «Трактор» колхозри дояркăна хăйне çирĕплетсе панă 6 ĕнерен 6 пăру илсе ÿстернĕшĕн тата кашни ĕнерен 1.984 килограмм сĕт суса илнĕшĕн — скатерть.

34. **А. Я. Сорокинăна** — Тăвай районĕнчи «Новый путь» колхозри дояркăна хăйне çирĕплетсе панă 12 ĕнерен 12 пăру илсе ÿстернĕшĕн тата кашни ĕнерен 1.984 килограмм сĕт суса илнĕшĕн — кĕпелĕх крепдешин.

### ТЕЛЯТНИЦАСЕНЕ:

35. **А. И. Шишкановăна** — Улатăр районĕнчи «Первомайский» колхозри телятницăна хăйне çирĕплетсе панă 34 ĕнерен 33 пăру пăхса ÿстернĕшĕн тата кашнин чĕрĕ viçине талăкра 600 грамм хутшăнтарса пынăшăн — будильник.

36. **Р. Д. Маховăна** — Ишлей районĕнчи «За коммунизм» колхозри телятницăна хăйне çирĕплетсе панă 30 пăрăва тĕрĕс-тĕкел пăхса ÿстернĕшĕн, кашни пăрăвăн чĕрĕ виçине талăкра 600 грамм хутшăнтарса пынăшăн — кĕпелĕх крепдешин.

37. **А. И. Ильинана** — Ишлей районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхозри телятницăна хăйне çирĕплетсе панă 29 пăрăва тĕрĕс-тĕкел пăхса ÿстернĕшĕн, кашни пăрăвăн чĕрĕ виçине талăкра 600 грамм хутшăнтарса пынăшăн — пурçăн тутăр.

38. **Н. И. Шмелевăна** — Ишлей районĕнчи «За коммунизм» колхозри телятницăна хăйне çирĕплетсе панă 25 пăрăва тĕрĕс-тĕкел пăхса ÿстернĕшĕн, кашни пăрăвăн чĕрĕ виçине талăкра 600 грамм хутшăнтарса пынăшăн — пурçăн тутăр.

39. **Ю. А. Александровăна** — Калинино районĕнчи «Победа» колхозри телятницăна хăйне çирĕплетсе панă 31 пăрăва тĕрĕс-тĕкел пăхса ÿстернĕшĕн, кашни пăрăвăн чĕрĕ виçине талăкра 600 грамм хутшăнтарса пынăшăн — жакет.

40. **Л. Т. Большовăна** — Куславкка районĕнчи «Правда» колхозри телятницăна хăйне çирĕплетсе панă 23 пăрăва тĕрĕс-тĕкел пăхса ÿстернĕшĕн, кашни пăрăвăн чĕрĕ виçине талăкра 600 грамм хутшăнтарса пынăшăн — апатланмалли савăт-сапа.

41. **Т. И. Черновăна** — Кувакино районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхозри телятницăна хăйне çирĕплетсе панă 40 пăрăва тĕрĕс-тĕкел пăхса ÿстернĕшĕн, кашни пăрăвăн чĕрĕ виçине талăкра 630 грамм хутшăнтарса пынăшăн — «Звезда» сехет.

42. **М. Н. Филатовăна** — Кувакино районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхозри телятницăна хăйне çирĕплетсе панă 37 пăрăва тĕрĕс-тĕкел пăхса ÿстернĕшĕн, кашни пăрăвăн чĕрĕ виçине талăкра 770 грамм хутшăнтарса пынăшăн — пурçăн блузка.

43. **М. Т. Маркинăна** — Пăрачкав районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозри телятницăна хăйне çирĕплетсе панă 22 пăрăва тĕрĕс-тĕкел пăхса ÿстернĕшĕн, кашни пăрăвăн чĕрĕ виçине талăкра 600 грамм хутшăнтарса пынăшăн — пурçăн тутăр.

44. **А. Е. Ефимовăна** — Сĕнтĕрвăрри районĕнчи Киров ячĕпе тăракан колхозри телятницăна фермăра нумай çулсем хушши ĕçленĕшĕн — пурçăн тутăр.

45. **К. П. Петровăна** — Советски районĕнчи Куйбышев ячĕпе тăракан колхозри телятницăна хăйне çирĕплетсе панă 40 пăрăва тĕрĕс-тĕкел пăхса ÿстернĕшĕн, кашни пăрăвăн чĕрĕ виçине талăкра 600 грамм хутшăнтарса пынăшăн — пурçăн тутăр.

46. **М. А. Александровăна** — Вăрмар районĕнчи «Герой» колхозри телятницăна фермăра нумай çулсем хушши ĕçленĕшĕн — скатерть.

47. **Л. П. Павловăна** — Шупашкар районĕнчи «Большевик» колхозри телятницăна хăйне çирĕплетсе панă 28 пăрăва тĕрĕс-тĕкел пăхса ÿстернĕшĕн, кашни пăрăвăн чĕрĕ виçине талăкра 500 грамм хутшăнтарса пынăшăн — пурçăн тутăр.

48. **С. А. Куташкинăна** — Шăмăршă районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозри телятницăна хăйне çирĕплетсе панă 25 пăрăва тĕрĕс-тĕкел пăхса ÿстернĕшĕн, кашни пăрăвăн чĕрĕ виçине талăкра 650 грамм хутшăнтрса пынăшăн — будильник.

49. **Е. М. Матвеевăна** — Етĕрне районĕнчи Шверник ячĕпе тăракан колхозри телятницăна хăйне çирĕплетсе панă 33 пăрăва тĕрĕс-тĕкел пăхса ÿстернĕшĕн, кашни пăрăвăн чĕрĕ виçине талăкра 500 грамм хутшăнтарса пынăшăн — апатланмалли савăт-сапа.

50. **А. Ф. Назаровăна** — Тăвай районĕнчи «Красный Октябрь» колхозри телятницăна хăйне çирĕплетсе панă 35 пăрăва тĕрĕс-тĕкел пăхса ÿстернĕшĕн, кашни пăрăвăн чĕрĕ виçине талăкра 700 грамм хутшăнтарса пынăшăн — будильник.

### СВИНАРКАСЕНЕ:

51. **М. А. Птичновăна** — Улатăр районĕнчи «Путь Ильича» колхозри свинаркăна хăйне çирĕплетсе панă 10 амаран кашнинчен 17,8 çура илнĕшĕн — кĕпелĕх крепдешин.

52. **Е. М. Смирновăна** — Элĕк районĕнчи Шверник ячĕпе тăракан колхозри свинаркăна хăйне çирĕплетсе панă 8 амаран 24,1 çура илсе ÿстернĕшĕн — будильник.

53. **М. З. Захаровăна** — Елĕк районĕнчи «Самолет» колхозри свинаркăна хăйне çирĕплетсе панă 7 амаран кашнинчен 19,9 çура илсе ÿстернĕшĕн — «Звезда» сехет.

54. **Р. Ф. Новиковăна** — Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозри свинаркăна хăйне çирĕплетсе панă 10 амаран кашнинчен 19,9 çура илсе ÿстернĕшĕн — сăмавар.

55. **С. Д. Даниловăна** — Вăрнар районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхозри свинаркăна фермăра нумай çулсем хушши ĕçленĕшĕн — пурçăн тутăр.

56. **Е. А. Ильинана** — Калинино районĕнчи «Гвардеец» колхозри свинаркăна хăйне çирĕплетсе панă 8 амаран кашнинчен 21,1 çура илсе ÿстернĕшĕн — «Звезда» сехет.

57. **Е. И. Одинцовăна** — Канаш районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхозри свинаркăна хăйне çирĕплетсе панă 7 амаран кашнинчен 19,1 çура илсе ÿстернĕшĕн — сăмавар.

58. **З. И. Рябчиковăна** — Комсомольски районĕнчи «Красная звезда» колхозри свинаркăна хăйне çирĕплетсе панă 8 амаран кашнинчен 23 çура илсе ÿстернĕшĕн — «Звезда» сехет.

59. **А. И. Кульмаковăна** — Комсомольски районĕнчи «Красная звезда» колхозри свинаркăна хăйне çирĕплетсе панă 8 амаран кашнинчен 22 çура илсе ÿстернĕшĕн — кĕпелĕх крепдешин.

60. **А. В. Смирновăна** — Комсомольски районĕнчи «Красное Сормово» колхозри свинаркăна хăйне çирĕплетсе панă 8 амаран кашнинчен 20 çура илсе ÿстернĕшĕн — сăмавар.

61. **Ф. Н. Александровăна** — Комсомольски районĕнчи «Дружба» колхозри свинаркăна хăйне çирĕплетсе панă 10 амаран кашнинчен 18,7 çура илсе ÿстернĕшĕн — пурçăн блузка.

62. **Т. Е. Егоровăна** — Красноармейски районĕнчи Мичурин ячĕпе тăракан колхозри свинаркăна хăйне çирĕплетсе панă 8 амаран кашнинчен 20 çура илсе ÿстернĕшĕн — «Звезда» сехет.

63. **М. И. Ильинана** — Красноармейски районĕнчи Мичурин ячĕпе тăракан колхозри свинаркăна хăйне çирĕплетсе панă 8 амаран кашнинчен 19 çура илсе ÿстернĕшĕн — кĕпелĕх крепдешин.

64. **В. А. Плотниковăна** — Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан свинаркăна хăйне çирĕплетсе панă 10 амаран кашнинчен 20 çура илсе ÿстернĕшĕн — «Звезда» сехет.

65. **К. Я. Яковлевăна** — Муркаш районĕнчи «Сталинец» колхозри свинаркăна хăйне çирĕплетсе панă 10 амаран кашнинчен 20,5 çура илсе ÿстернĕшĕн — кĕпелĕх крепдешин.

66. **А. М. Мулындинăна** — Пăрачкав районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхозри свинаркăна хăйне çирĕплетсе панă 8 амаран кашнинчен 18 çура илсе ÿстернĕшĕн — апатланмалли савăт-сапа.

67. **В. Т. Николаевăна** — Сĕнтĕр районĕнчи «Колос» колхозри свинаркăна хăйне çирĕплетсе панă 10 амаран кашнинчен 19,2 çура илсе ÿстернĕшĕн — «Звезда» сехет.

68. **Е. А. Авксентьевăна** — Вăрмар районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхозри свинаркăна хăйне çирĕплетсе панă кашни амаран 12 çура илсе ÿстернĕшĕн тата хăй самăртакан 33 сыснан чĕрĕ виçине талăкра 600 грамм хутшăнтарса пынăшăн — пурçăн тутăр.

69. **П. М. Михайловăна** — Çĕрпÿ районĕнчи «Память Ленина» колхозри свинаркăна фермăра нумай çулсем хушши ĕçленĕшĕн — столовăйра усă курмалли вилкăсем.

70. **Е. А. Никаноровăна** — Шупашкар районĕнчи «Красный флот» колхозри свинаркăна хăйне çирĕплетсе панă 11 амаран кашнинчен 17 çура илсе ÿстернĕшĕн — столовăйра усă курмалли кашăксем.

71. **И. А. Сандыркинăна** — Чкаловски районĕнчи «Красное знамя» колхозри свинаркăна хăйне çирĕплетсе панă 10 амаран кашнинчен 19 çура илсе ÿстернĕшĕн — сăмавар.

72. **В. Ф. Плешковăна** — Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхозри свинаркăна хăйне çирĕплетсе панă 10 амаран кашнинчен 18 çура илсе ÿстернĕшĕн — чей ĕçмелли савăт-сапа.

73. **П. И. Галкинăна** — Чкаловски районĕнчи «Восток» колхозри свинаркăна хăйне çирĕплетсе панă 8 амаран кашнинчен 18,2 çура илсе ÿстернĕшĕн — кĕпелĕх крепдешин.

74. **И. И. Ивановăна** — Шăхасан районĕнчи «Красный Октябрь» колхозри свинаркăна хăйне çирĕплетсе панă 8 амаран кашнинчен 17,2 çура илсе ÿстернĕшĕн — «Звезда» сехет.

75. **А. И. Куропаткинăна** — Шăхасан районĕнчи «Красный Октябрь» колхозри свинаркăна хăйне çирĕплетсе панă 10 амаран кашнинчен 16,4 çура илсе ÿстернĕшĕн — сăмавар.

76. **Р. И. Ильинана** — Шăхасан районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозри свинаркăна хăйне çирĕплетсе панă 10 амаран кашнинчен 16 çура илсе ÿстернĕшĕн — кĕпелĕх крепдешин.

77. **Т. П. Никитинăна** — Тăвай районĕнчи «25 лет Октября» колхозри свинаркăна хăйне çирĕплетсе панă 8 амаран кашнинчен 16 çура илсе ÿстернĕшĕн — кĕпелĕх отрез.

78. **А. А. Степановăна** — Етĕрне районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхозри свинаркăна хăйне çирĕплетсе панă 8 амаран кашнинчен 17,7 çура илсе ÿстернĕшĕн — сăмавар.

### ОВЦЕВОДСЕНЕ:

79. **А. Ф. Чуваевăна** — Улатăр районĕнчи «Победа Октября» колхозри овцевода — пурçăн тутăр.

80. **А. М. Журавлевăна** — Чкаловски районĕнчи Мичурин ячĕпе тăракан колхозри овцевода — пурçăн тутăр.

81. **И. М. Перевезенцева** — Етĕрне районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозри овцевода кашни 100 сурăхран 110 путек илсе ÿстернĕшĕн тата кашни сурăхран 4,5 килограмм çăм илнĕшĕн — «Победа» сехет.

82. **М. Д. Дмитриевăна** — Етĕрне районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозри овцевода — пурçăн тутăр.

### ПТИЧНИЦАСЕНЕ:

83. **А. А. Дмитриевăна** — Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозри птичницăна кашни чăхран 127 çăмарта илнĕшĕн — кĕпелĕх крепдешин.

84. **З. П. Кожевниковăна** — Сĕнтĕр районĕнчи «Гвардия» колхозри птичницăна кашни чăхран 97,6 çăмарта илнĕшĕн — пурçăн тутăр.

85. **И. Г. Григорьевăна** — Çĕрпÿ районĕнчи «Цивильстрой» колхозри птичницăна кашни чăхран 104 çăмарта илнĕшĕн — будильник.

### КОНЮХСЕНЕ:

86. **Ф. Демидова** — Сĕнтĕрвăрри районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхозри конюха фермăра нумай çулсем хушши ĕçленĕшĕн — пурçăн кĕпе.

87. **Д. В. Столярова** — Сĕнтĕр районĕнчи Суворов ячĕпе тăракан колхозри конюха хăйне çирĕплетсе панă 9 кĕсререн 9 тиха илсе ÿстернĕшĕн — «Победа» сехет.

88. **А. И. Романова** — Çĕрпÿ районĕнчи «Новая жизнь» колхозри конюха фермăра нумай çулсем хушши ĕçленĕшĕн — кĕсъене чиксе çÿремелли сехет.

89. **И. Д. Наумова** — Елчĕк районĕнчи «Родина» колхозри конюха хăйне çирĕплетсе панă 9 кĕсререн 8 тиха илсе ÿстернĕшĕн — пурçăн кĕпе.

### ĔНЕ ФЕРМИ ЗАВЕДУЮЩИЙĔСЕНЕ:

90. **М. А. Кудрявцева** — Вăрнар районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхозри ĕне фермин заведующине — «Победа» сехет.

91. **Я. Л. Лаврентьева** — Октябрьски районĕнчи «Звезда» колхозри ĕне фермин заведующине, вăл ертсе пыракан ферма кашни 100 гектар çĕр пуçне 105,6 центнер сĕт илнĕшĕн — кĕсъене чиксе çÿремелли сехет.

92. **П. П. Онькова** — Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозри ĕне фермин заведующине, вăл ертсе пыракан ферма кашни 100 гектар çĕр пуçне 114 центнер сĕт илнĕшĕн — «Победа» сехет.

### СЫСНА ФЕРМИ ЗАВЕДУЮЩИЙĔСЕНЕ:

93. **А. М. Антонова** — Канаш районĕнчи «Канаш» колхозри сысна фермин заведующине, вăл ертсе пыракан ферма сухалакан çĕрĕн кашни 100 гектарĕ пуçне 15,8 центнер сысна ашĕ туса илнĕшĕн — «Победа» сехет.

94. **И. Л. Константиновăна** — Хĕрлĕ Чутай районĕнчи «Новая жизнь» колхозри сысна фермин заведующине, вăл ертсе пыракан ферма сухалакан çĕрĕн кашни 100 гектарĕ пуçне 8 центнер сысна ашĕ туса илнĕшĕн — сăмавар.

95. **К. В. Анисимовăна** — Чкаловски районĕнчи Мичурин ячĕпе тăракан колхозри сысна фермин заведующине, вăл ертсе пыракан ферма сухалакан çĕрĕн кашни 100 гектарĕ пуçне 10,1 центнер сысна ашĕ туса илнĕшĕн — пурçăн тутăр.

96. **М. П. Филиппева** — Сĕнтĕрвăрри районĕнчи Киров ячĕпе тăракан колхозри сысна фермин заведующине, вăл ертсе пыракан ферма сухалакан çĕрĕн кашни 100 гектарĕ пуçне 10,3 центнер сысна ашĕ туса илнĕшĕн — пурçăн кĕпе.

### СУРĂХ ФЕРМИН ЗАВЕДУЮЩИЙĔСЕНЕ:

97. **Н. М. Михайлова** — Вăрнар районĕнчи «Победа» колхозри сурăх фермин заведующине, вăл ертсе пыракан ферма кашни 100 гектар çĕр пуçне 56 килограмм çăм илнĕшĕн — «Победа» сехет.

98. **Т. Н. Николаева** — Хĕрлĕ Чутай районĕнчи Карл Маркс ячĕпе тăракан колхозри сурăх фермин заведующине, вăл ертсе пыракан ферма кашни 100 гектар çĕр пуçне 42 килограмм çăм илнĕшĕн — пурçăн кĕпе.

99. **М. В. Васильева** — Октябрьски районĕнчи Молотов ячĕпе тăракан колхозри сурăх фермин заведующине, вăл ертсе пыракан ферма кашни 100 гектар çĕр пуçне 44,1 килограмм çăм илнĕшĕн — пурçăн кĕпе.

100. **И. И. Иванова** — Первомайски районĕнчи Калинин ячĕпе тăракан колхозри сурăх фермин заведующине, вăл ертсе пыракан ферма кашни 100 гектар çĕр пуçне 72 килограмм çăм илнĕшĕн — «Победа» сехет.

### КАЙĂК-КĔШĔК ФЕРМИ ЗАВЕДУЮЩИЙĔСЕНЕ:

101. **А. Н. Илларионовăна** — Йĕпреç районĕнчи «Заря» колхозри кайăк-кĕшĕк фермин заведующине, вăл ертсе пыракан ферма тĕштырăсем акакан кашни 100 гектар çĕр пуçне 3.500 çăмарта илнĕшĕн — жакет.

102. **Р. А. Костякова** — Çĕмĕрле районĕнчи «Комбинат» колхозри кайăк-кĕшĕк фермин заведующине, вăл ертсе пыракан ферма тĕштырăсем акакан кашни 100 гектар çĕр пуçне 2.979 çăмарта илнĕшĕн — кĕсъене чиксе çÿремелли сехет.

103. **В. Ф. Юхтанова** — Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхозри кайăк-кĕшĕк фермин заведующине, вăл ертсе пыракан ферма тĕштырăсем акакан кашни 100 гектар çĕр пуçне 7.142 çăмарта илнĕшĕн — «Победа» сехет.

104. **З. В. Федоровăна** — Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозри кайăк-кĕшĕк фермин заведующине, вăл ертсе пыракан ферма тĕштырăсем акакан кашни 100 гектар çĕр пуçне 2.930 çăмарта илнĕшĕн — пурçăн тутăр.

* * *

105. **П. П. Кульчихина** — Пăрачкав районĕнчи Суворов ячĕпе тăракан колхозра нумай çулсем хушши кĕтÿçĕ пулса ĕçленĕшĕн — кĕсъене чиксе çÿремелли сехет.

106. **С. А. Андреева** — Калинино районĕнчи Карл Маркс ячĕпе тăракан колхозра нумай çулсем хушши конюхра ĕçленĕшĕн — кĕсъене чиксе çÿремелли сехет.

107. **Н. И. Соколовăна** — Куславкка районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхозри свинаркăна фермăра нумай çулсем хушши ĕçленĕшĕн — сăмавар.

108. **М. Е. Евсевьевăна** — Советски районĕнчи Свердлов ячĕпе тăракан колхозри свинаркăна — чей ĕçмелли савăт-сапа.

109. **Т. П. Никитинăна** — Тăвай районĕнчи «25 лет Октября» колхозри свинаркăна хăйне çирĕплетсе панă 8 амаран кашнинчен 16 çура илсе ÿстернĕшĕн — кĕпелĕх крепдешин.

110. **М. А. Афанасьева** — Советски районĕнчи Свердлов ячĕпе тăракан колхозри сысна фермин заведующине, вăл ертсе пыракан ферма сухалакан çĕрĕн кашни 100 гектарĕ пуçне 13,5 центнер сысна ашĕ илнĕшĕн — апатланмалли савăт-сапа.

**Антонина Григорьева —**

Çĕрпÿ районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозри доярка. Иртнĕ ялхуçалăх çулĕнче вăл хăйне çирĕплетсе панă кашни ĕнерен 2.575 килограмм сĕт суса илнĕ.

**Зоя Егорова —**

Çĕрпÿ районĕнчи Мичурин ячĕпе тăракан колхозри доярка. Иртнĕ ялхуçалăх çулĕнче вăл хăйне çирĕплетсе панă кашни ĕнерен 2.067 килограмм сĕт суса илнĕ.

**Татьяна Филиппова —**

Çĕрпÿ районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхозри доярка. Иртнĕ ялхуçалăх çулĕнче вăл хăйне çирĕплетсе панă кашни ĕнерен 2.840 килограмм сĕт суса илнĕ.

**Евдокия Смирнова —**

Элĕк районĕнчи Шверник ячĕпе тăракан колхозри свинарка. Иртнĕ çул вăй хăй пăхакан кашни сысна аминчен вăтам шутпа 24 çура илсе ÿстернĕ.

# КПСС ХХ-мĕш съезчĕ ячĕпе ĕç вахтине тăрса, производствăра çĕнĕ çитĕнÿсем тăвар!

Укерчĕк çинче: Шупашкарти электроаппаратура заводĕнчи слесарь-инструментальщик Ю. Д. Зарин. Вăл партин ХХ-мĕш съезчĕ умĕнхи социализмла ăмăртура куллен ĕç нормине 200—250 процент тултарса пырать.
Г. Зиньков фотоÿкерчĕкĕ.

*Петĕр ХУСАНКАЙ*

## Манăн халăх

*Эпĕ—халăх. Ĕçчен. Пултаруçă.*
*Тĕнчене çĕнетме килнĕскер.*
*Кĕрешсе тупнă çулăм яр-уçă.*
*Карталаймĕ никам! Нимĕскер!*

*Пилĕкçуллăхсемпе утăмлатăп,*
*Çĕр çĕклес пек хăват ман хулра.*
*Çулсерен вăхăма çамрăклатăп,*
*Утнăçем вăйланать ал-ура.*

*Хисеплерĕм ăçлтах, çырса хутăм—*
*Никĕçрен тĕпине çитиччен.*
*Ярса пусрăм ак ултăмĕш утăм*
*Çĕрĕн ултăмĕш пайĕ çинче.*

*Ыранхи пултару чаплă юррăн*
*Çĕклентерĕ чуна, чĕрене.*
*«Тăвапăх!» тетĕп эпĕ хăюллăн,*
*Çак сăмахăм—тупа вырăне.*

*Кусăма курăнать çĕрĕм-шывăм*
*Шăратса хывнă пек çуталса.*
*Эп ăна пур этемлĕхшĕн хывăм:*
*Кур, ĕнен, манăн кăмăл таса.*

*Манăн кăмăл — пĕрле, алла-аллăн*
*Ăмăртса ĕçлесси, туслăх, мир.*
*Çĕнĕ эра пуçланă ăс-халăмăн*
*Вăрçă пулăр—çĕнтерĕнĕ чир...*

*Эпĕ—халăх. Ĕçчен. Пултаруçă.*
*Тĕнчене çĕнетме килнĕскер.*
*Коммунизм патне—çул яр-уçă,*
*Карталаймĕ никам! Нимĕскер!*

Укерчĕк çинче: Етĕрне МТС-ĕнче ĕçлекен слесарь В. С. Михайлов юлташ. Слесарь ĕçпе туса пынипе пĕрлех вăл сверлильнăй тата фрезернăй станоксемпе ĕçлет. Кулленхи нормăна 200 процент таран тултарать.
Г. Зиньков фотоÿкерчĕкĕ.

## Электростанцинче ĕçлекенсен çитĕнĕвĕ

Шупашкарти Атăл леш енчи электростанцири кашни цехра смена тата кашни рабочие работница КПСС ХХ-мĕш съезчĕ ячĕпе ăмăртса ĕçлерĕ. Çакна май январь уйăхĕнчи задание 103 процент тултарнă. Электроэнергийĕн хăйне ларакан хакне йÿнетмелли планран иртерсе 67 пин тенкĕ тупăш илнĕ. Пĕтĕм коллектив пурĕ 196 тонна топливо перекетленĕ. Çавăн пекех электроэнергие перекетлес енĕпе те ÿсĕм тунă.

Электростанци коллективĕ февраль уйăхĕнче те съезд ячĕпе илнĕ обязательствăсене чыслăн пурнăçласа пырать. Съезд умĕнхи ăмăртура ĕçсишĕн депутачĕн Шупашкар хула Совечĕн депутачĕ М. Медведева юлташ ертсе пыракан смена мала тухрĕ. Çак смена КПСС ХХ-мĕш съезчĕ ячĕпе йышăннă обязательствăна чыслăн пурнăçланă. Котельнăйĕнче ĕçлекенсен Н. Епифанов, А. Мельников тата Е. Нестеров юлташсем ертсе пыракан сменăсем нормăна ялан иртерсе тултараççĕ.

Нормăна иртерсе тултаракан рабочисемпе работницăсен шучĕ ÿссех пырать. Н. Воробьев, В. Михайлов, Н. Пральков юлташсен сменисем нормăна мала пыраççĕ. Вĕсем кашнинех 50 тонна ытла топливо перекетленĕ.

Электростанци коллективĕ кăçалхи производство планне чыслăн пурнăçлĕ.

П. КРАСНОВ.
Атăл леш енчи электростанцири партбюро секретарĕ.

## Икĕ уйăхри плана тултарнă

ЙĔПРЕÇ. (Телефонпа). «Чăвашвăрман» трестне пăхăнса тăракан вăрманпромхоз коллективĕ партин ХХ-мĕш съезчĕ уçăлнă куна ĕçре çитĕнÿсем тупнипе кĕтсе илчĕ. Директивăсен проектне сÿтсе явнă хыççăн, вăрманпромхоз коллективĕ çĕнĕ обязательствăсем йышăннăччĕ. Ана вăл чыслăн пурнăçларĕ. Февралĕн 11-мĕшĕ тĕлне вăрманпромхоз йывăç турттарса кăлармалли икĕ уйăхри плана тултарчĕ. Механизаторсем уйăх вĕçлениччен тата 9 пин кубометр йывăç турттарса кăларассишĕн кĕрешеççĕ.

График тăрăх, вăрманпромхозăн куллен 330 кубометр йывăç турттарса кăлармалла. Съезд ячĕпе хавхаланса ĕçлесе, механизаторсем куллен 500—520 кубометр турттараççĕ. Ăмăртура уйрăмах Бондаренко, Барышев, Кутузов, Верещагин шоферсем, Михайлов, Храмов, Фокин трактористсем паха тĕслĕх кăтартаççĕ, ĕç нормине куллен 140—160 процент тултараççĕ.

Вăрманпромхоз коллективĕ пĕрремĕш кварталти йывăç хатĕрлемелли плана тултарса çитермелли уйăхлăха хутшăнчĕ, планран иртерсе 10 пин кубометр йывăç турттарса кăларма пулчĕ.

Н. ПАВЛОВ.

## Фермăсенчи хĕрлĕ кĕтессенче

Ĕç хыççăн дояркăсем хăйсен юратнă вырăнне—хĕрлĕ кĕтесе пухăнчĕç. Кунта вулав сурчĕн заведующийĕ Ю. Шмелева юлташ килнĕ.

— Савăнăçлă хыпар пĕлтеретĕп сире,—терĕ вăл дояркăсене.

— Мĕнле хыпар-ши? Хăвăртрах пĕлтер эппин!—шавласа илчĕç хĕрсем.

Агитатор район хаçачĕн çĕнĕ номерне вулама пуçларĕ. Иртнĕ çулхи декабрĕн икkĕмĕш вунă кунĕнче ĕнесенчен сĕт суса илессипе колхоз районта пĕрремĕш вырăна тухни çинчен, КПСС Вăрмар райкомĕпе райсовет исполкомĕн куçса çÿрекен хĕрлĕ ялавне илме тивĕç пулни çинчен хаçатра пĕлтернине вĕсем савăнса итлерĕç.

— Халĕ ĕнтĕ ялав пирĕн алăра, ăна мĕнпур вăя парса ĕçлесен кăна тытса юлма пултаратăр,—терĕ юлашкинчен Шмелева юлташ. Хĕрÿ калаçу пуçланчĕ, вăл чылайччен пычĕ.

Хĕрлĕ кĕтес—Ленин ячĕпе тăракан колхозри фермăра ĕçлекенсен чăннипе юратнă вырăнĕ. Пÿлĕмре яланах сутă та таса. Ăна тĕрлĕ лозунгсемпе тата плакатсемпе илемлетнĕ. Хитре витринăра выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре мала тухнă çынсен сăнÿкерчĕкĕсем курăнаççĕ. Кунта радио кĕртнĕ, шашка, домино пур. Почтальон кашни кунах хаçат-журнал вырса парать. Выльăх-чĕрлĕх пăхакансем илемлĕ литературăна вулама юратаççĕ. Шмелева агитатор районти библиотекăран çĕнĕ кĕнекесем илсе пырать.

Колхозри пуçламăш парторганизаци фермăсенче агитацилле-массăллă ĕçе туса пыма пултарулăн, производствăна лайăх пĕлекен агитаторсем уйăрса çирĕплетнĕ. Хĕрлĕ кĕтесре колхоз председателĕ В. Спиридонов, зоотехник И. Казаков, коммунист Г. Алексеев, комсомолец А. Иванов, вулав сурчĕн заведующийĕ Ю. Шмелева тăтăшах пулаççĕ, выльăх-чĕрлĕх пăхакансемпе тĕрлĕ калаçусем ирттереççĕ.

Агитаторсем, калаçусем ирттернипе пĕрлех, вулленхи ĕçре те вĕсене пулăшса пыраççĕ. Пĕррехинче сурăх пăхакан Е. Ильина сурăхсем начарлана тытăнни çинчен Шмелева агитатора пĕлтерчĕ. Шмелева юлташ ветеринари врачĕ патне кайса калаçрĕ. Врач пынă сĕнĕве сурăх пăхакансене каласа пачĕ. Çакăн хыççăн начарланнă сурăхсене уйрăммăн, лайăхрах пăхма тытăннă. Казаков зоотехник ĕне выльăхсене апат рацион тăрăх панине яланах тĕрĕслесе тăрать.

Декабрĕн юлашки вунă кунĕнчи итогсем тăрăх райсовет исполкомĕпе КПСС райкомĕ куçса çÿрекен хĕрлĕ ялава «Дружба» колхоза памалла тунă. Ленин ячĕпе тăракан колхозри дояркăсем темле тăрăшса ĕçлесен те ялава тытса хăварайман̆ç. Анчах вĕсем алла усмарĕç. Хĕрлĕ ялава çĕнсе илме тупа турĕç. Чылай тăрăшма тиврĕ вĕсен. Ĕнесенчен сĕт ытларах суса илес тесе пĕтĕм чун-чĕререн тăрăшса ĕçлерĕç. Тăрăшни ахаль пулмарĕ. Тепĕр çирĕм кунтан ăмăртура Ленин ячĕпе тăракан колхозри дояркăсем каллех мала тухнă, хĕрлĕ ялава илме тивĕç пулнă.

Шмелева агитатор дояркăсене çак савăнăçлă хыпара чи малтан пĕлтерчĕ.

— Саламлатăп сире, ĕçченсем! Ăмăртура эсир каллех мала тухрăр, — терĕ вăл.—Куçса çÿрекен хĕрлĕ ялав каллех сирĕн алăра.

— Халĕ ĕнтĕ ялава хамăр алăран вĕçертмĕпĕр,—терĕç дояркăсем.

Колхоз председателĕ Спиридонов юлташ çав кунах вĕсемпе калаçу ирттерчĕ, ĕнесене апат хушса пама кăтартса хăварчĕ.

Халиччен ĕнесене 5-шер килограмм çĕрулми панă пулсан, халĕ 10-шар килограмм пама тытăннă. Утă-улăма вĕтетсе пăспа çемçетсе çитерме пăрахман. Кашни ĕнене 20-шер килограмм силос панă. Ĕнесем сĕт хушса пама тытăннă. Январь уйăхĕн виççĕмĕш вунă кунĕнче кăна 3.910 литр, е урăхла каласан кашни ĕнерен 55,8-шер литр сĕт суса илнĕ. Уйрăм доркăсем, сăмахран, Клавдия Алексеева 65,5-шер литр, Галина Сергеева—64, Ольга Данилова 62-шер литр сĕт суса илсе, ăмăртура мала тухнă.

Çак кунсенче Ленин ячĕпе тăракан колхозри доркăсем нихçанхинчен хастарлă ĕçлеççĕ. Улттăмĕш пилĕкçуллăх план тĕлĕшпе КПСС ХХ-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне сÿтсе явса, вĕсем октябрĕн 1-мĕшĕччен кăшни ĕнерен 1.650-шер литр сĕт суса илме сăмах пачĕç. Вĕсем хăйсен сăмахне пурнăçлаççех.

М. АВКСЕНТЬЕВ.

## Хавхаланса ĕçлесе

Шупашкарти «Волга» артелĕн çĕвĕ çĕлекен цехĕнче хĕрĕх çын ĕçлет. Пурте пекех инвалидсем. Вĕсем хушшинче хăлхасăр-чĕлхесĕр хĕрсем те пур.

— Партин ХХ-мĕш съезчĕ уçăлнă кун тĕлне эпир икĕ уйăх планне тултаратпăр,—терĕç вĕсем çĕнĕ çул пуçланас умĕн.

Вĕсем ĕмĕтленни пурнăçа кĕчĕ. Цех коллективĕ февралĕн 13-мĕшĕнче икĕ уйăх планне тултарчĕ. Съезд ячĕпе пыракан ăмăртура çынсен ĕçри туслăхĕ çирĕпленчĕ, пурте ĕç нормисене тултарма пуçларĕç. Шура Малышева смени, пуринчен те лайăхрах ĕçлесе, ытларах продукци туса кăларать.

Халĕ кунта квартал планне срокчен тултарассишĕн ăмăрту вăйланса пырать. Ольга Архипова, Ольга Иванова, София Ермолаева, Лиза Алексеева, Лена Григорьева, Наташа Постова çĕвĕçсем ĕç нормисене пĕр хут çурă е ытларах та тултараççĕ.

П. ИВАНОВ.

## Çамрăксен хастарлăхĕ

ЧУРАЧĂК. Ĕнер Тăван çĕршывăн столицинче — Мускавра пирĕн мухтавлă партин съезчĕ ĕçлеме пуçларĕ. Çак кунсенче çĕршыв ырлăхĕшĕн, унăн вăй-хăвачĕшĕн татах тăрăшса ĕçлес килет. Халĕ кашнин чун-чĕри çĕкленнĕ. Эпир, ялхуçалăхĕнче ĕçлекенсем, хамăрăн таса тивĕçе—тырпул тата выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ÿстерессине чыслăн пурнăçласа пыма тăрăшатпăр.

Пирĕн «Большевик» колхоз иртнĕ çулта лайăх тырпул çитĕнтерчĕ. Уйрăм бригадăсенче вăйлă тырпул пухса илчĕç. Сăмахран, Е. Харитонов ертсе пыракан 1-мĕш бригада ĕçченĕсем кашни гектартан 28-шар центнер пăрçа, 16-шар центнер сĕлĕ пухса кĕртрĕç.

Партин ХХ-мĕш съезчĕ ячĕпе социализмла ăмăртăва хутшăнса, колхоз членĕсем кăçал гектартан 15-шер центнер тĕшпырă туса илессишĕн кĕрешеççĕ. 130 гектар çинче кукуруза акмалла. Çĕрулми тата техникăлла культурăсен çĕр лаптăкĕ чылай ÿсмелле. Тырпул тухăçлăхне таткăлăн ÿстерес тесе, иртнĕ çулхинчен ик-виçĕ хут ытларах тислĕк хатĕрлеме палăртрăмăр.

Съезд умĕнхи кунсенче артель членĕсем удобренисем хатĕрлес тĕлĕшпе тăрăшса ĕçлерĕç. Колхозри ВЛКСМ комитечĕ уйхире тислĕк кăларас, кĕл тата кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ пухас тĕлĕшпе уйăхлăх ирттерчĕ. Комсомолецсемпе çамрăксем уйăхлăх вăхăтĕнче уй-хире 1.400 тонна тислĕк кăларчĕç. Тислĕке сийĕн-сийĕн фосфорит çăнăхĕпе хутăштарса компост турăмăр. Тислĕк купи çывăхĕнчи юра хырса тасатсах тăтăмăр, çакă вăл çуркунне тислĕк шĕвекĕ юр шывĕпе юхса каясран усăллă.

Уй-хире тислĕк кăларас тата минераллă удобренисем хатĕрлес ĕçе пĕтĕм çамрăксене хутшăнтартăмăр, икĕ воскресник туса ирттертĕмĕр. Воскресник кунĕсенче 50 лавпа тислĕк турттартăмăр, 6 лавпа кĕл тата кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ пухрăмăр.

Н. НИКОЛАЕВ.
ВЛКСМ комитечĕн секретарĕ.

## Съезд ячĕпе

**Çыхăну работникĕсен çитĕнĕвĕ.** Партин ХХ-мĕш съезчĕ ячĕпе ăмăртса ĕçлесе, Шупашкăр районĕнчи çыхăну кантурĕнчи работниксем нысăк çитĕнÿ тăваççĕ. Почта работникĕ Е. Федорова нормăна кулленех 110—130 процент тултарать. Телефонисткăсем М. Анисимова, В. Павлова, телефон линийĕн надсмотрщикĕ И. Иликов тата ытти юлташсем те çак кунсенче уйрăмах лайăх ĕçлеççĕ.

**Плана иртерсе тултарнă.** Сĕнтĕр районĕнчи кино работникĕсем КПСС ХХ-мĕш съезчĕ ячĕпе илнĕ обязательствăсене ăнăçлăн пурнăçларĕç. Иртнĕ уйăх планне вĕсем пур енĕпе те иртерсе тултарнă.

Киномеханиксен социализмла ăмăртăвĕнче К. Ирзыков, А. Кузьмин, А. Кириллов, В. Рябинин юлташсем малта пыраççĕ. Вĕсем квартал планне сахалтан та 125 процент тултарма тăрăшаççĕ.

## ССР Союзĕпе США хушшинче культура, наука тата техника енĕпе пĕр-пĕрин патне делегацисем ярасси çинчен

Тăватă держава правительствисен Женеври Канашлăвĕ хыççăн Совет Союзĕпе Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсем хушшинче культура, наука тата техника енĕпе пĕр-пĕрин патне делегацисем ытларах яма пуçлани палăрчĕ. Çакна май США Государство Департаменчĕ, Америкăн Мускаври посольстви урлă, СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерствине меморандум ярса панă, унта пĕр-пĕрин çĕршывне делегацисем янă чухне асра тытмалли принципсем çинчен каланă.

Меморандумра çапла каланă: США правительстви Совет Союзĕпе Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсем хушшинче пĕр-пĕрин патне делегацисем ытларах ямалла тума тăрăшать, çак ĕçе, Америка енĕн шучĕпе, пĕр-пĕрин интересĕсене шута илес принцип тăрăх тата пĕр-пĕрне интересслентерекен ĕçсем енĕпе малтанах туса хатĕрленĕ программăна килĕшÿллĕн пурнăçласа пымалла. Меморандумра, сăмахран, медицина тата ялхуçалăх енĕпе пĕр-пĕрин çĕршывне делегацисем ямалли программа туса хатĕрлеме сĕннĕ, çак ыйтăва Совет Союзĕн Вашингтонри представителĕсемпе пĕрле сÿтсе явма килĕшни çинчен каланă.

Маларах асăннă меморандум пирки кăçалхи февралĕн 3-мĕшĕнче СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерстви Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсен посольствине асра тытмалли çакăн пек записка ярса панă:

«ССР Союзĕпе США хушшинче пĕр-пĕрин патне делегацисем ярас пирки Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсен Государство Департаменчĕ 1955 çулхи ноябрĕн 12-мĕшĕнче янă меморандума Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерстви тимлĕ пăхса тухрĕ.

Паллă ĕнтĕ, Совет правительстви Совет Союзĕпе Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсем хушшинче пĕр-пĕрин патне делегацисем ярассине анлă сарма кирли çинчен темиçе хутчен те каларĕ. США правительстви те пĕр-пĕрин патне делегацисем ытларах ярассишĕн тăрăшни çинчен Государство Департаменчĕ каланине Министерство кăмăллă пулса палăртать.

Совет правительстви, США правительстви пекех, çапла шутлать: икĕ çĕршыва пысăкрах усă кÿмелле тăвас шутпа конкретлă кашни ĕçрех пĕр-пĕрин патне делегацисем ямалли программа туса хатĕрлени, делегацисем ярас ĕçре вара пĕр-пĕрин интересĕсене шута илни вырăнлă пулĕччĕ. Пĕр-пĕрин патне делегацисем ярас ĕçе пурнăçласа пынă чухне хăшпĕр делегацисене хатĕрлесе çитерме вăхăт нумай кирлĕ пулмасть, çапла пулассине асра тытса, Совет правительстви çапла шутлать: ун пек чухне делегацисем ярас ĕçе меморандумра палăртса хунинчен кĕскерех срокра йĕркелесе çитерни лайăхрах пулĕччĕ.

Уйрăм граждансем пырса çÿрес ыйтăва илес пулсан, Совет правительстви шучĕпе, кун пек чухне те ĕнтĕ вĕсене ярас ĕçе пĕр-пĕрин интересĕсене шута илес принцип тăрăх, пĕрне каярах, теприне маларах хуни евĕрлĕ мĕнле те пулин чăрмавсем тумасăр, пурнăçласа пыни пахарах результатсем панă пулĕччĕ. Çакна май Америкăна пыма кирлĕ визăсене çырса хатĕрлемелли йĕрке пирки асăрхаттарса калас пулать. Ку йĕрке тăрăх пÿрнесен паллисене ÿкерсе илме, ятарласа хатĕрленĕ анкетăсем çине алă пустарма палăртнă. Çак йĕрке Совет Союзĕн уйрăм гражданĕсене США-на пырса çÿреме чарса тăрать.

Совет правительстви шучĕпе, ССР Союзĕпе США хушшинче культура, наука тата техника енĕпе пĕр-пĕрин патне делегацисем ытларах яни, Америка гражданĕсем ССР Союзне килсе, Совет Союзĕн гражданĕсем США-на кайса курни Совет халăхĕпе Америка халăхĕ пĕр-пĕрне ăнланса пурăнмалла тума, пирĕн çĕршывсем хушшинчи хутшăнусене лайăхлатма чылай пулăшĕ. Совет правительстви çакна шанса тăрать: Совет Союзĕн уйрăм гражданĕсем США-на пырса çÿрессине йĕркеленĕ чухне Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсен правительстви пĕр-пĕрин интересĕсен принципне асра тытса ĕçлĕ, Америкăна пыма кирлĕ визăсене çырса хатĕрлемелли йĕркене улăштарма тивĕçлĕ мерăсем йышăнма кирлĕ тесе шутлĕ.

США Государство Департаменчĕ медицина тата ялхуçалăх енĕпе пĕр-пĕрин çĕршывне делегацисем ямалли программа туса хатĕрлесси çинчен панă сĕнĕве илес пулсан, Министерство хăй енчен çавăн пек программа туса хатĕрлени вырăнлă тесе шутлать, ку ыйту тăрăх, çавăн пекех культура, энергетика, обществăлла апатлану тата ыттисем енĕпе пĕр-пĕрин çĕршывне делегацисем ярас ыйту тăрăх та калаçусем пуçлама хатĕр». (ТАСС).

## Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн пулас сессийĕ

ВЕНА, февралĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн секретариачĕн бюллетенĕнче çапла пĕлтернĕ: кăçалхи апрель пуçламăшĕнче Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн чрезвычайнăй сессийĕ пулать, сессире хĕçпăшалсăрланас тата атомлă хĕçпăшала чарса лартас ыйтăва сÿтсе явма палăртнă.

Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕ, тенĕ бюллетеньре, хĕçпăшалсăрланмалли çул çинче çитĕнÿ тума пулăшакан кирек мĕнле сĕнĕве те пăхса тухма тата сÿтсе явма хатĕр. Вăл çавнашкал сĕнÿ вăхăтлă, усăллă тата пурнăça кĕме пултарать тесе шутлакан мĕнпур организацисемпе тата çынсемпе тачă çыхăнса ĕçлеме хатĕр. Чрезвычайнăй сессин тĕп тĕллевĕ çавăн пек ĕнтĕ. Сессие пыма уйрăм çĕршывсенчи тата тĕнчери тĕрлĕрен нумай организацисен представителĕсене, çавăн пекех паллă тата влияниллĕ çынсене чĕннĕ.

## БОЛГАРИ, ВЕНГРИ, ПОЛЬША, РУМЫНИ, ЧЕХОСЛОВАКИ ТАТА ДЕМОКРАТИЛЛЕ ГЕРМАНИ РЕСПУБЛИКИ АВИАЦИ ЕНĔПЕ ТАЧĂ ÇЫХĂНСА ĔÇЛЕНИ

СОФИЯ, февралĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Февралĕн 7-мĕшĕнчен пуçласа 12-мĕшне çитиччен София хулинче Болгарин, Венгрин, Чехословакин, Польшăн, Румынин тата Демократиллĕ Германи Республикин гражданла сывлăш флотĕн руководителĕсен канашлăвĕ пулса иртнĕ. Канашлура пулнисем тĕнчери çĕршывсем хушшинчи сывлăшри линисемпе пĕрле усă курнин паха результачĕсене палăртнă. Канашлу вĕçевсен çуллахи планне йышăннă, пассажирсем илсе çÿрессине, груз тата почта турттарассине малалла лайăхлатас тĕлĕшпе тумалли ĕçсем пирки калаçса татăлнă.

## *Олег Гончаренко конькипе хăвăрт чупса тĕнче чемпионĕн ятне илнĕ*

ОСЛО, февралĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Февралĕн 11-мĕшĕнче кăнтăрла иртсен конькипе хăвăрт чупса тĕнчере мала тухмалли ăмăртура арçынсем 5 пин метр хушши чупнă. Çак дистанцие О. Гончаренко (СССР) 8 минут та 7,7 секундра чупса тухнă, пĕрремĕш вырăна йышăннă. С. Эриксон (Швеци) — иккĕмĕш, Т. Сейерстен (Норвеги)—виççĕмĕш вырăнсене йышăннă.

Ăмăрту пуçланнă кунхи очкосене илсен Р. Меркулов пĕрремĕш, Ю. Михайлов—иккĕмĕш, Е. Гришин—виççĕмĕш, О. Гончаренко—тăваттăмĕш, Б. Шилков—пиллĕкмĕш вырăнта пулнă.

Февралĕн 12-мĕшĕнче, ăмăрту вĕçленнĕ кун, 1.500 метр хушшине чупас енĕпе уйрăмах кĕрешÿ вăйлă пулнă. Б. Шилков, çак дистанцие 2 минут та 11,6 секундра тухса, пĕрремĕш вырăн йышăнса, ылтăн медаль илнĕ. Е. Гришин, 2 минут та 12,0 секундра тухса, иккĕмĕш, Ю. Михайлов—2 минут та 13,6 секундра тухса,—виççĕмĕш вырăн йышăннă.

Унтан 10 пин метр чупмалли ăмăрту пулнă. Çак дистанци енĕпе Норвеги спортсменĕ Т. Сейерстен, 16 минут та 43,3 секундра тухса, чи лайăх результат кăтартнă. О. Гончаренко—иккĕмĕш, К. Юханнессен (Норвеги)—виççĕмĕш вырăн йышăннă.

Икĕ кун хушшинче тăватă дистанцие чупса тухнипе пухăннă очкосене шута илсен, О. Гончаренко (СССР) пĕрремĕш вырăн йышăннă, тĕнче чемпионĕн ятне илнĕ. Вăл 188.255 очко пухнă. Иккĕмĕш вырăна, 188.297 очко пухса, Р. Меркулов (СССР), виççĕмĕш вырăна, 188.660 очко пухса, Е. Гришин (СССР) йышăннă.

Вĕсем хыççăнхи малалли вырăнсене Т. Сейерстен (Норвеги), Б. Шилков (СССР), С. Эрикссон (Швеци), К. Юханнессен (Норвеги), Ю. Михайлов (СССР), С. Хаугли (Норвеги), А. Кайдалов (СССР) йышăннă.

Олег Гончаренкăна тĕнче чемпионĕн лавр çулçисенчен тунă кăшăлне çакса янă. Стадион варрине лартнă мачта çине ССР Союзĕн государство ялавне хăпартнă. Оркестр Совет Союзĕн Государство гимнне каланă. Стадиона пухăннă çынсем тăвăллăн алă çупнă май, вĕсене чыс туса, Олег Гончаренко стадион тавра конькипе чупса çаврăннă.

## Çамрăк писательсен канашлăвĕ

Февралĕн 13-мĕшĕнче, Шупашкарта, Советсен çурчĕн пысăк залĕнче пирĕн республикăри çамрăк писательсен канашлăвĕ пулса иртрĕ. Çамрăк писательсен Пĕтĕм Союзри III-мĕш канашлăвĕ тата çамрăк литераторсене воспитани парасси çинчен Чăваш писателĕсен Союзĕн правлени председателĕ Алексей Талвир доклад туса пачĕ. Доклад хыççăн çамрăк поэтсен творчестви çинчен Георгий Ефимов, çамрăксен драмăлла произведенийĕсем пирки Аркадий Эсхель, çамрăк критиксем çырнă статьясем çинчен Михаил Сироткин, республикăри вырăсла çыракан çамрăксен творчестви çинчен Надежда Черепанова юлташсем содокладсем турĕç.

Прение чăваш халăх поэчĕсем С. В. Эльгерпа Й. П. Хусанкай, çамрăк литераторсем Н. Грибанов, В. Алендей, Б. Тихонов, В. Игнатьев тата ыттисем те тухса каларĕç. Çавăн пекех канашлура КПСС Чăваш обкомĕн пропагандăпа агитаци пайĕн заведующийĕ Абашев тата ВЛКСМ Чăваш обкомĕн секретарĕ Якимов юлташсем сăмах тухса каларĕç.

Февралĕн 14-мĕшĕнче çамрăк писательсен произведенийĕсене творчествăлла секцисенче тишкерсе тухрĕç, кирлĕ кăтартусем пачĕç.

### БИБЛИОТЕКĂСЕН ШУЧĔ ÿСЕТ

Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев органĕсенчи рабочисемпе служащисен профсоюзĕн организацийĕсем республикăри 53 предприятипе учрежденире библиотекăсем организациленĕ. Машина-трактор станцийĕсенче уйрăмах библиотекăсем нумай. Вĕсем механизаторсене марксизм-ленинизм теорийĕсене вĕренме тата ялхуçалăхĕ енĕпе пĕлĕве ÿстерме пулăшаççĕ. Вăрнар, Хĕрлĕ Чутай, Елчĕк МТС-ĕсенчи библиотекăсем кĕнеке вулакансемпе массăллă ĕçсем чылай ирттереççĕ.

### ШАХМАТ ЕНĔПЕ РСФСР-ТА МАЛА ТУХМАЛЛИ ЗОНĂРИ ĂМĂРТУ

Шахмат енĕпе РСФСР-та мала тухмалли зонăри ăмăрту вĕçленсе пырать. Çакна май халĕ пур шахматистсем те тенĕ пек уйрăмах тăрăшса выляççĕ. Вунвиççĕмĕш турта Гизатуллин Алешина выляса ячĕ. Чăваш АССР представителĕсем Сергиевскипе Чугунов вылянă партире мастер кандидачĕ Сергиевский çĕнтерчĕ. Игумновăн шухăшлама вăхăт çитменнине пула Дамские выляса ямалла пулчĕ. Мастер кандидачĕ Петров—Волошина, Новопашин—Стрекаловские, Козлов—Кубарева çĕнтерчĕ.

Икĕ партие выляса пĕтереймен-ха. Мастер кандидачĕсем Радченкăпа Хавский тепĕр чухне выляса пĕтерме хăварнă партире Радченкăн çĕнтерме шанăç пур. Çавăн пекех Чăваш АССР чемпионĕ Никитин Архангельск шахматистĕнчен Алексеевран выляса илме пултарас пек туйăнать.

Вунвиçĕ тур хыççăн Никитин малта пырать. Вăл 12 парти выляса пĕтернĕ хыççăн 8,5 очко пухнă. Новопашин 13 тур хыççăн 8,5 очко выляса илнĕ. Кубаревпа Козловăн 8-шар очко. Мастер кандидачĕсем Волошин, Петров тата Сергиевский—7,5-шер очко пухнă.

Ыран юлашки тур пулать. Шахматистсем ирхине 11 сехетре выляма тытăнаççĕ.

### ШАШКĂЛЛА ВЫЛЯКАНСЕН РАЙОНТИ ЧЕМПИОНАЧĔ

КУКĔÇ. Çак кунсенче шашкăлла вылякансен Шупашкар районĕнчи чемпионачĕ пулса иртрĕ. Чемпионата «Буревестник», «Спартак» тата «Урожай» спорт обществисенчен 16 çын хутшăнчĕ.

Ăмăртура Шăмăшри çичĕ çул вĕренмелли шкулти М. Григорьев учитель мала тухрĕ. Иккĕмĕш вырăна Куснарти пуçламăш шкул заведующийĕ С. Васильев йышăнчĕ. Виççĕмĕшпе тăваттăмĕш вырăнсене Буденный ячĕпе тăракан тата Калинин ячĕпе тăракан колхозсенчи çамрăк колхозниксем И. Михайловпа С. Никитин йышăнчĕç.

Чемпионат итогĕсем тăрăх М. Григорьевпа С. Васильев шашистсем республикăра мала тухмалли зонăри ăмăртăва хутшăнаççĕ. Çамрăк шашистсем И. Осипов, В. Снегирев, И. Васильев, С. Никитин тата Н. Одинцов юлташсем виççĕмĕш разряд нормине тултарчĕç.

Ф. МАРКОВ.

## *Пĕлтерисем*

Февралĕн 15-мĕшĕнче, каçхине 7 сехетре, КПСС Шупашкар хула комитечĕн библиотекинче «Совет Çарĕн тата Тинĕс-Çар Флочĕн кунĕ» тема тăрăх инструктивлă доклад пулать.

Докладчик облвоенком И. З. Комар юлташ.

* * *

Политэкономие (иккĕмĕш цикл тăрăх) вĕренекенсем валли лекци пулать. Лекци темĕ: «Хозяйственный расчет и рентабельность. Себестоимость и цена». Лекци 19 сехетре пуçланать.

Лекторĕ М. А. Шипунова юлташ.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧĔ.

Редактор М. Н. ЯКИМОВ.



Шупашкар хулинчи Калинин урамĕнчи 38-мĕш çуртра пурăнакан Владимир Николаевич Кошылев гражданин арăмĕпе—Анна Федоровна Дементей гражданкăпа (Шупашкар хулинчи К. Иванов урамĕнчи 6-мĕш çуртра пурăнать) уйрăлас пирки ĕç пуçарать. Ĕçе Шупашкар хулинчи 2-мĕш участокри халăх судĕнче пăхса тухаççĕ.

Шупашкар хулинчи Пушкин урамĕнчи 1-мĕш çуртра пурăнакан Николай Савельевич Денисевич гражданин арăмĕпе—Ариса Петровна Денисевич гражданкăпа (Шупашкар хулинчи Казанская урамĕнчи 11-мĕш çуртра пурăнать) уйрăлас пирки ĕç пуçарать. Ĕçе Шупашкар хулинчи 2-мĕш участокри халăх судĕнче пăхса тухаççĕ.



Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ йышăннă постановлени тăрăх Кувакинăри «19 лет Октября» промысла артельне пĕтермелле тунă.

Тĕрлĕ претензисем пулсан, вĕсем çинчен 1956 çулхи февралĕн 20-мĕшĕччен пĕлтермелле.

ЛИКВИДКОМ.

РЕДАКЦИ АДРЕСЕ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-09, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—3-04, литературăпа искусство пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00634 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 573, Тираж 37.000 экз.